ПĔТĔМ ТĔНЧЕРИ ПРОЛЕТАРИСЕМ, ПĔРЛĔШĔР!

# КОММУНИЗМ ЯЛАВĔ

ВКП(б) Чăваш обкомĕпе Шупашкар хула комитечĕн тата Чăваш АССР Верховнăй Совечĕпе Шупашкар хула Совечĕн хаçачĕ

1952 çул. Май 4 ВЫРСАРНИКУН № 89 (8741) Хакĕ 20 пус. 35-мĕш çул тухать.

## ЫРАН—БОЛЬШЕВИКЛА ПИЧЕТ КУНĔ

Хаçат—коллективлă пропагандистпа коллективлă агитатор çеç мар, çавăн пекех вăл коллективлă организатор та.

*В. И. ЛЕНИН.*

Пичет—чи вăйлă хĕçпăшал, вăл пулăшнипе парти рабочи класпа кунсерен, сехетсерен хăйĕн чĕлхипе, хăйне кирлĕ чĕлхепе калаçать. Партипе класа шухăш енчен çыхăнтармалли урăх майсем, ун пек çаврăнăçуллă урăх аппарат çутçанталăкра çук.

*И. В. СТАЛИН.*

## Ленин—Сталин партийĕн чи вăйлă хĕçпăшалĕ

Ыран большевикла пичет кунĕ. Хĕрĕх çул каярах, 1912 çулхи майăн 5-мĕшĕнче, Российăра революци хумĕ çĕнĕрен çĕкленнĕ вăхăтра, В. И. Ленин кăтартса панипе, И. В. Сталин пуçарнипе «Правда» хаçат тухма пуçланă. Çак чаплă куна—большевиксен массăллă пичечĕ çуралнă куна—чысласа уявласси ĕçсыннисен йăлине кĕчĕ. Çак кун пичет работникĕсен уявĕ кăна мар, пĕтĕм совет халăхĕн уявĕ.

Совет халăхĕ хăйĕн тăван пичетне вĕçĕмсĕр юратать, ăна пысăка хурса хаклать. Пирĕн пичет пĕрмаях халăх интересĕсемшĕн тăнă, вăл халĕ те халăх интересĕсемшĕн кĕрешет. Большевикла пичетĕн, массăсен коллективлă организаторĕ, пропагандисчĕ тата агитаторĕ пулса тăракан пичетĕн пĕлтерĕшĕ питĕ пысăк.

И. В. Сталин юлташ 1923 çулта, партин XII-мĕш съездĕнче, çапла каланă: **«Пичет—чи вăйлă хĕçпăшал, вăл пулăшнипе парти рабочи класпа кунсерен, сехетсерен хăйĕн чĕлхипе, хăйне кирлĕ чĕлхепе калаçать. Партипе класа шухăш енчен çыхăнтармалли урăх майсем, ун пек çаврăнăçуллă урăх аппарат çутçанталăкра çук».**

1912 çулта «Правда» хаçата кăларма пуçлани—большевизмăн 1917 çулхи çĕнтерĕвĕ валли никĕс хывни пулнă. «Правда» хаçат, пирĕн партин хăватлă хĕçпăшалĕ пулса тăрса, рабочисен массăллă революциллĕ партине çĕнĕрен туса хурассишĕн пынă кĕрешӳ центрĕнче тăнă. Вăл, хăйĕн пĕрремĕш номерĕнчен пуçласах, рабочи класа капитализм сăнчăрĕсенчен ирĕке кăларас идейăсене, коммунизм тăвассишĕн кĕрешес идейăсене сарнă, рабочи класа тĕрĕс ĕçшĕн кĕрешме чĕннĕ, массăсем хушшинче большевикла чăнлăхăн сулăмлă сăмахĕсене сарнă. «Правда» хаçатпа пĕрле революциллĕ пролетариатăн хăюллă ăрăвĕ ӳссе çитĕннĕ. Çав ăру вара Октябрьти Социализмлă Аслă революцие туса ирттернĕ, граждан вăрçи сулăмĕнче çамрăк Совет республикине ют çĕршыв интервенчĕсемпе белогвардеецсем тапăннинчен хӳтĕлесе хăварнă, çĕршывăн вăрçă сулĕсенче юхăннă хуçалăхне ура çине тăратнă, унтан вара, çĕршыва индустриализацилемелли, ялхуçалăхне коллективизацилемелли аслă плансене пурнăçласа, социализм обществи туса хунă. Аслă Отечественнăй вăрçă сулĕсенче вăл çĕршыври мĕнпур вăйсене пирĕн ирĕклĕ, мире юратакан Тăван çĕршыв çине тапăннă фашистла вăрă-хурахсене тĕпĕ-йĕрĕпе çапса аркатма пĕтĕçтерес ĕçре партие вăйлăн пулăшса тăнă. Халĕ вара пирĕн çĕршывра коммунизм обществи тăвассишĕн, çĕршыв экономикипе культурине малалла аталантарассишĕн, Атăлпа Днепр, Донпа Аму-Дарья çинче коммунизмăн сталинла аслă стройкисене ăнăçлă тăвассишĕн, çутçанталăка çĕнетсе урăхлатассишĕн активлăн кĕрешет.

Большевиклă пичет марксизм-ленинизм идейисене ывăнма пĕлмесĕр пропагандăлать, ĕçсыннисене коммунизмлă воспитани парас ĕçе активлăн хутшăнать, пĕтĕм халăха совет патриотизмĕ майлă воспитани парать, ĕçсыннисен активлăхĕпе ăнланулăхне ӳстерсе пыма пулăшать.

Пичет большевикла партилĕхпе принциплăх ялавне çӳлте тытса пырать, буржуаллă идеологи кирек мĕнле палăрнине хирĕç те кĕрешет, буржуалла культура умĕнче пуç тайнине хирĕç, сынсен ăс-тăнĕнчи капитализм юлашкийĕсене хирĕç çине тăрса кĕрешет.

Ленин—Сталин партийĕ хавхалантарса, организацилесе пынипе совет халăхĕ çĕнтерӳ хыççăн çĕнтерӳ тăвать. Коммунизм строительствин тĕп меслечĕ пулса тăракан социализмлă ăмăртăва çĕршыври хуласемпе ялсенчи мĕнпур ĕçсыннисем хутшăннă. Ĕç тухăçлăхне ӳстерессишĕн, производство планĕсене ăнăçлăн тултарассишĕн пыракан кĕрешĕве анлăн çутатасси—большевикла пичетĕн хисеплĕ задачи.

Пичет халăх хуçалăхĕн мĕнпур отраслĕсенче социализмлă ăмăртăва сарса пырас енĕпе парти организацийĕсене активлăн пулăшса тăрать. Малта пыракансен опычĕпе паллăштарса, вăл социализмлă ăмăрту палăртакан мĕнпур çĕнĕллĕхе вăхăтра асăрхама, ун çинчен ĕçсыннисен массисене çийĕнчех пĕлтерсе тăма, çапла майпа вĕсене пурне те тухăçлă ĕçлеме мобилизацилесе пыма тивĕçлĕ.

Социализмлă ăмăртăва тĕрĕс çутатас тени вăл, тепĕр енчен, ĕçри çитменлĕхсене, чăрмавсене большевикла тишкĕрсе тухса хак пама кирлине пĕлтерет. Пичет ĕçĕн тĕп меслечĕ—большевикла критикăпа самокритика пулса тăрассĕ.

Критикăпа самокритикăна вăйлатса пырсан кăна пирĕн пичет хăйĕн задачисене тивĕçлипе пурнăçлама пултарать. Критикăна пусарса лартма е шăлса лартма хăтланни—парт те хирĕçле ĕç тунисех пулать. Пичет работникĕсен парти, совет, профсоюз, хуçалăх организацийĕсен ĕçĕнчи çитменлĕхсене çивĕччĕн критиклемелле, вĕсене ĕçри чăрмавсемпе çитменлĕхсене пĕтермелли майсене тĕрĕс кăтартса памалла.

Большевикла пичет вăйĕ—парти ертсе пынинче, пичет массăсемпе тачă çыхăнса тăнинче. Авторсен коллективĕ—хаçат тĕрекĕ пулса тăрать. Корреспондентсен йышне пĕр ывăнмасăр ӳстерсе пымалла. Вырăнсенчен килекен çырусем çине питех те тимлĕн пăхас пулать.

Сталин юлташ: пичет—чи çивĕч, чи вăйлă хĕçпăшал, вăл кунсерен мар, сехетсерен ӳсме тивĕçлĕ, тесе кăтартса пачĕ. Пирĕн парти большевикла пичетшĕн куллен тăрăшать. Пирĕн çĕршывра хаçатсемпе журналсен хисепĕ çулсерен ӳссе пырать. Кунпа пĕрлех Маркс, Энгельс, Ленин тата Сталин произведенийĕсене миллионшар тиражпа кăларассĕ.

Октябрьти Социализмлă Аслă революци хыççăн пирĕн çĕршывра хаçатсемпе журналсен хисепĕ çулсерен ӳссе пынине Чăваш республики тĕслĕхĕнчен те аванах курма пулать. Пирĕн халăхăн революциччен тăван чĕлхепе тухса тăнă хаçат-журнал пулман пулсан, халĕ вара республикăри хаçатсем—виççĕ, районсемпе хуласенчи хаçатсем—31, заводсемпе колхозсенчи нумай тиражлă хаçатсем—6, икĕ журнал, «Агитатор блокночĕ» тухса тăрассĕ. Чăвашсен государство издательстви кашни çул çĕршер пин экземпляр кĕнеке кăларса тăрать. Вăл юлашки çулсенче В. И. Ленинпа И. В. Сталинăн чылай произведенийĕсене чăвашла кăларнă.

Çапла ĕнтĕ, Ленин—Сталин партийĕ пирĕн çĕршыври тăванла халăхсене ӳсе аталанма пур майсем те туса панă.

Капитализмлă çĕршывсенчи пичет, пачах урăхла, унти хаçатсемпе журналсем коммерциллĕ предприятисем пулса тăрассĕ. Буржуази вĕсенчен нумай услам илсе тăрать. Суя та сутăнчăк буржуалла пичет халăх массисене хирĕç пырать, вăл капитализм интересĕсене хӳтĕлет; çĕнĕ вăрçă пуçаракансен сасси пулса, вăл империалистсем хушнипе Совет Союзĕ, Китай Халăх Республики çинчен тата халăх демократи çĕршывĕсем çинчен элексем сарать.

Тĕнчере чи малта тăракан совет пичечĕ, çавăн пекех халăх демократи çĕршывĕсенчи прогрессивлă пичет те, буржуалла пичетĕн ирсĕр ĕçĕсене тăрă шыв çине кăларса, тĕнчери мĕнпур ырă кăмăллă çынсене миршĕн, демократишĕн, социализмшăн кĕрешме хавхалантарса пыраççĕ. Совет пичечĕн сассине пĕтĕм тĕнчери ĕçсыннисем тимлĕн итлеççĕ.

Большевикла пичет совет халăхĕн коммунизм патне пымалли çулне Ленинпа Сталинăн идейисемпе малашне те уççăн çутатса тăрĕ.

## Чăваш АССР Верховнăй Совет Президиумĕн УКАЗĔ

**РЕСПУБЛИКĂРИ «СОВЕТСКАЯ ЧУВАШИЯ» ХАÇАТĂН УЙРĂМАХ ПАЛĂРНĂ РАБОТНИКĔСЕНЕ ЧĂВАШ АССР ВЕРХОВНĂЙ СОВЕТ ПРЕЗИДИУМĔН ХИСЕПЛЕ ГРАМОТИПЕ НАГРАДĂЛАССИ ÇИНЧЕН**

Республикăри «Советская Чувашия» хаçат 30 çул тултарнă ятпа хаçат редакцийĕн уйрăмах палăрнă работникĕсене Чăваш АССР Верховнăй Совет Президиумĕн Хисеплĕ грамотипе наградăлас:

1. Василий Григорьевич **Буркова**—парти пурнăç пайĕн заведующине;
2. Юлия Гавриловна **Гаврилована**—типографири работницăна;
3. Евгений Николаевич **Ефремова**—хаçатăн хăйĕн корреспондентне;
4. Михаил Павлович **Морозова**—редакцин литература секретарьне;
5. Александр Семенович **Помазкова**—линотиписта;
6. Анна Ивановна **Тавринăна**—хаçат издательствин главнăй бухгалтерне.

Чăваш АССР Верховнăй Совет Президиумĕн Председателĕ **З. АНДРЕЕВА.**

Чăваш АССР Верховнăй Совет Президиумĕн Секретарĕ **А. ИЗМАЙЛОВ.**

Шупашкар хули,
1952 çулхи майăн 3-мĕшĕ.

## „Çамрăк большевик" хаçат тухма пуçларĕ

Майăн 1-мĕшĕнче ВЛКСМ Чăваш обкомĕ кăларса тăракан «Çамрăк большевик» хаçат çĕнĕрен тухма пуçларĕ.

Пĕрремĕш номерĕн малтанхи страницинче И. В. Сталин юлташ портречĕ, СССР Çар министрĕ тата СССР Тинĕс Çар министрĕ Майăн 1-мĕшĕ ячĕпе панă приказсем. Умстатья—«Малалла, коммунизм çĕнтерĕвĕ патне» ятлă.

Иккĕмĕш страницăра «Çамрăк большевик» хаçат тухма пуçланă май хаçат редакцине ВКП(б) Чăваш область комитетĕнчен, «Советская Чувашия», «Коммунизм ялавĕ» тата Мари республикинчи «Çамрăк коммунист» хаçат редакцийĕсенчен килнĕ саламсем, Чăваш АССР халăх поэчĕ П. Хусанкай çырнă «Çамрăксемпе «Çамрăк большевика» ятлă сăвă пичетленнĕ. Кунта комсомолецсемпе çамрăксен статьисем, фотоӳкерчĕксем пур.

Виççĕмĕш страницăра «Ĕç вăл—пирĕн телей, пирĕн хаваслăх!» тема тăрăх çырнă статьясемпе фотоӳкерчĕксем тата П. Пиняевăн «Май уявĕ» ятлă сăвви пичетленнĕ.

Тăваттăмĕш страницăра Сталинла премми лауреачĕн Ф Лукинăн «Пире Сталин ырлăх пачĕ» ятлă юрри тата ытти статьясемпе фотоӳкерчĕк пур.

Хаçат чăвашла тата вырăсла пичетленсе тухрĕ.

## „Агитатор блокночĕн" черетлĕ номерĕ

ВКП(б) Чăваш обкомĕн пропагандăпа агитаци пайĕ кăларакан «Агитатор блокночĕн» черетлĕ, 8-мĕш номерĕ пичетленсе тухрĕ. Унта А. Гусевăн—«Совет халăхĕн çĕнтерӳ уявĕ», Г. Мартыновăн—«Аслă çулпуçăмăр Сталин юлташ патне çырнă çырура илнĕ обязательствăсене ăнăçлă пурнăçлар!» тата «Большевикла пичет кунĕ» ятлă статьясем пичетленнĕ.



В. И. Ленинпа И. В. Сталин.
Искусствăсен тава тивĕçлĕ деятелĕ П. ВАСИЛЬЕВ тунă ӳкерчĕк.

## ХĔРЛĔ ПЛОЩАДЬРИ ПАРАДПА ДЕМОНСТРАЦИ

Май уявĕн малтанхи кунĕ. Ирхине. Мускав тĕлĕнмелле илемлĕ. Йывăçсен çулçисем тин çеç папкасенчен тухнă, вĕсем симĕсĕн-кăвакăн ялтăртатса çуталаççĕ. Çуртсем умĕнче В. И. Ленинпа И. В. Сталинăн, партипе правительство руководителĕсен портречĕсем. Пур çĕрте те ВКП(б) Центральнăй Комитечĕ чĕнсе каланисене çырнă пысăк транспарантсем курăнаççĕ.

Урамсемпе площадьсене халăх ытларах та ытларах пухăнать. Пур çĕрте те халăх хаваслanни кĕрлесе тăрать, савăнăçлă юрăсем юрлани, музыка сасси илтĕнет.

Совет çыннисем Майăн 1-мĕшне,—тĕнчери ĕçсыннисем пĕр кăмăллă пулнине палăртмалли куна, мĕнпур çĕршывсенчи рабочисен тăванлăх кунне Тăван çĕршывăн патриотла хавасланса савăннипе, ĕçре пысăк çитĕнӳсем тунипе кĕтсе илчĕç.

...Хĕрлĕ площадьре шăп. Мавзолейпа тĕлме тĕл çурт çинче большевиксен партийĕпе Совет государствине организациленĕ В. И. Ленинпа И. В. Сталинăн портречĕсем. Советлă союзлă вунултă республикăсен государство гербĕсем пирĕн нумай нациллĕ çĕршыври халăхсен çирĕп туслăхне палăртаççĕ.

Хĕрлĕ площадьри трибунăсем çине кĕскe вăхăт хушшинчех халăх пухăнать. Кунта большевиксен партийĕн Центральнăй Комитечĕн членĕсем, СССР Верховнăй Совечĕн тата союзлă республикăсен Верховнăй Совечĕсен депутачĕсем, министрсем, Совет Союзĕн Геройĕсем, Социализмлă Ĕç Геройĕсем, Сталинла премми лауреачĕсем, промышленноçри, стройкăсенчи тата транспортри стахановецсем, социализмла çĕрĕç мастерĕсем, наука, культура тата искусство енĕпе ĕçлекен паллă деятельсем, Совет Çарĕн генералĕсем, адмиралĕсем тата офицерĕсем пухăнаççĕ. Кунта урăх çĕршывсенчен—Китай Халăх Республикинчен, халăх демократи çĕршывĕсенчен килнĕ хăнасем, Корейăн паттăр халăхĕн представителĕсем, Демократиллĕ Германи Республикинчен килнĕ хăнасем, тĕнчери нумай çĕршывсенчен килнĕ профсоюзсен делегацийĕсемпе культура деятелĕсен делегацийĕсем. Хĕрлĕ площадьри трибунăсем çинче тата дипломати корпусĕн членĕсемпе ют çĕршывсен çар аташисем тăраççĕ.

Кремлĕн Спасски башни çинчи сехет йĕпписем вăхăт 10 сехет çитнине кăтартаççĕ.

Тăвăллăн алă çупни илтĕнсе каять. Мавзолей трибуни çине И. В. Сталин юлташ, В. М. Молотов, Г. М. Маленков, Л. П. Берия, К. Е. Ворошилов, А. И. Микоян, Н. А. Булганин, Л. М. Каганович, А. А. Андреев, Н. С. Хрущев, А. Н. Косыгин, Н. М. Шверник, М. А. Суслов, П. К. Пономаренко, М. Ф. Шкирятов юлташсем тухаççĕ.

Кремль çинчи сехет 10 хутчен çапни илтĕнет.

Майăн пĕррремĕшĕнчи парад командующийĕ П. А. Артемьев генерал-полковник Мавзолей умĕнче парад йышăнакана—Совет Союзĕн Маршалне Л. А. Говорова рапорт парать.

Вĕсем çар чаçĕсене пăхса тухаççĕ. Хĕрлĕ площаде таврăнсан, Совет Союзĕн Маршалĕ Л. А. Говоров Мавзолей çине хăпарать, Хĕрлĕ площадьре тăракан çар чаçĕсене, пирĕн Тăван çĕршывăн Хĕçпăшаллă Вăйĕсене, Пĕтĕм Совет халăхне саламласа сăмах калать.

### Совет Союзĕн Маршалĕ Л. А. ГОВОРОВ каланă сăмах

Юлташсем—салтаксемпе матроссем, сержантсемпе старшинасем!

Юлташсем—офицерсем, генералсемпе адмиралсем!

Совет Союзĕнчи ĕçсыннисем!

Пирĕн хаклă хăнасем—урăх çĕршывсенчи ĕçсыннисен представителĕсем!

Совет Правительствипе Пĕтĕм Союзри Коммунистсен (большевиксен) Партийĕн Центральнăй Комитечĕ ячĕпе тата вĕсем хушнипе Сире Пĕтĕм тĕнчери ĕçсыннисен уявĕ—Майăн Пĕрремĕшĕ ячĕпе саламласа сывлăх сунатăп.

Аслă Совет Союзĕнчи халăхсем çак праçнике Ленин—Сталин партийĕ аслă ертсе пынипе ĕçлесе питĕ чаплă çитĕнӳсем тунипе кĕтсе илчĕç.

Совет çыннисем иртнĕ çулталăкра пĕтĕм вăя хурса ĕçленипе промышленноçра, ялхуçалăхĕнче, наукăпа культурăна аталантарас ĕçре çĕнĕрен питĕ пысăк çĕнтерӳсем тума пултарчĕç.

Социализмлă экономика хăватлăн вăйланса пынипе пирĕн халăхăн пурнăçĕ пĕрмаях лайăхланса, унăн культури пĕрмаях малалла ӳссе пырать. Совет Правительстви, Коммунистсен партийĕ тата аслă Сталин хăй совет обществин ӳссе пыракан ыйтăвĕсене—материальнăй тата культурăллă ыйтусене—тивĕçтерессишĕн пĕрмаях хытă тăрăшаççĕ. Çакна питĕ усăмлă палăртса тăракан çĕнĕ тĕслĕх вăл нумай пулмасть халăха куллен кирлĕ таварсен хакĕсене тепĕр хут—пĕтĕмĕшпе пиллĕкмĕш хут—йӳнетни пулса тăрать.

Пирĕн социализмлă Тăван çĕршыв ăнăçлăн малалла кайса пытăр тесе, унăн вăй-хăвачĕ тата ытларах ӳссе тата тĕрекленсе пытăр тесе, совет çыннисем малашне те вăя шеллемесĕр тăрăшса ĕçлĕç.

Совет Союзĕн чаплă примерĕ халăх демократи çĕршывĕсенчи ĕçсыннисене çĕнĕ пурнăç тăвассишĕн ăнăçлă кĕрешме хавхалантарать.

Совет Правительстви тата халăх демократи çĕршывĕсен правительствисем хуçалăхпа культурăна аталантармалли политика тытса пыраççĕ. Ку политика халăх массисен тĕп интересĕсене палăртса тăрать тата вĕсен пурнăçне пĕрмаях малалла лайăхлатса пыма май парать.

Капитализмлă çĕршывсенчи лару-тăру пачах урăхла.

Империалистсем тытса пыракан политика буржуалла çĕршывсенчи ĕçсынни массисене çуклăха тăратса хăварать, вĕсен пурнăçне начарлатса пырать. Ĕçсĕрлĕх, çуклăхпа выçлăх—капитализмлă тĕнчери миллионшар рядовой çынсен шăпи.

Халăхсен шухăш-ĕмĕчĕсене хирĕçле ĕçсем туса, Америкăпа Англи агрессорĕсем тата вĕсене пулăшса тăракансем васкасах хĕçпăшал нумай хатĕрлесе пыраççĕ, Хĕвеланăçĕнче—Германи империализмне, Хĕвелтухăçĕнче Япони империализмне çĕнĕрен çĕклентереççĕ. Вĕсем икĕ çула яхăн ĕнтĕ Корейăн хастарлă халăхне хирĕç вăрă-хурахла вăрçă вăрçаççĕ. Тĕнчери çĕршывсен пĕр-пĕрин хушшинчи килĕшĕвĕсене пăсса, Америка варварĕсем Корейăпа Китая хирĕç бактериллĕ хĕçпăшалпа усă курчĕç, этемлĕхе хирĕç питĕ пысăк преступлени тума тытăнчĕç.

Англипе Америка агрессиллĕ блокĕн империализмла политикипе халăхсем килĕшмеççĕ тата килĕшме пултараймаççĕ, мĕншĕн тесен халăхсем вăрçă вăрçасшăн мар. Тĕнчери мĕнпур çĕршывсенче миршĕн тăракансен хăватлă юхăмĕ кунран кун ытларах та ытларах вăйланса пырать.

Миршĕн тата халăхсем пĕр-пĕринпе килĕштерсе ĕçлесе пурăнассине тĕреклетессишĕн кĕрешес ĕçре Совет Союзĕ ертсе пыракан вăй пулса тăрать. Совет Союзĕ халăхсем хушшинчи миршĕн тата вĕсем пĕр-пĕринпе килĕштерсе ĕçлесе пурăнмалла тăвассишĕн тăрăшас политикăна пĕрмаях çине тăрса пурнăçласа пырать. Тĕнчери çĕршывсем пĕр-пĕрин хушшинче илнĕ обязательствăсене эпир тӳрĕ кăмăлпа пурнăçласа пыратпăр, пĕртанлăх принципĕпе ытти государствăсен шалти ĕçĕсене хутшăнас мар принципа çирĕп тытса пыратпăр. Совет государствин тулашри мирлĕ политики пĕтĕм тĕнчери ĕçсыннисен пурнăçри интересĕсемпе килĕшуллĕ.

Мирлĕ пурнăçа тата Совет Союзĕн государство интересĕсене паттăр Хĕçпăшаллă Вăйсем хуралласа тăраççĕ, вĕсем хăмăр халăха, Коммунистсен Партине тата Совет Правительствине чунтан-чĕререн парăннă. Империалистла агрессорсем совет халăхне пултарулла мирлĕ ĕçе пăсма мĕнле те пулин хăтланас пулсан, вĕсене татăклăн çапса аркатма пирĕн Хĕçпăшаллă Вăйсем хатĕр тăраççĕ.

Сывă пултăр Майăн Пĕрремĕшĕ—тĕнчери ĕçсыннисем пĕр кăмăллине кăтартмалли кун!

Сывă пулччăр паттăр совет халăхĕпе унăн мухтавлă Хĕçпăшаллă Вăйĕсем!

Сывă пултăр Совет Правительстви!

Сывă пултăр Ленинпа Сталинăн аслă партийĕ—совет халăхĕ тунă çĕнтерӳсене хавхалантаракане тата организацилекенĕ!

Совет халăхĕн тата пĕтĕм тĕнчери ĕçсыннисен çулпуçĕпе учительне аслă Сталина—мухтав!

Урра!

* * *

Совет Союзĕн Государство Гимнĕн кĕвви чаплăн янăрать. Кремль стенисем тепĕр енче уяв ячĕпе артиллери тупăсенчен персе салют пани кĕрлесе каять.

Майăн 1-мĕшĕнчи парад пуçланать. Малтан тава тивĕçлĕ командирсемпе политработниксен—çар Академийĕсенче вĕренекенсен колоннисем иртеççĕ.

Тип çĕр çинчи çарăн тата сывлăш çарĕн офицерĕсен колоннисем илемлĕ иртсе пыни пурне те савăнтарать. Вĕсем хыççăн площаде çар морякĕсем тухаççĕ.

ССР Союзĕн государство чиккисен виççĕ пайĕнчен икĕ пайĕ тинĕссемпе океансен сыранĕсем тăрăх выртать. Пирĕн Тăван çĕршывăн тинĕс чиккисене Совет Çарĕн морякĕсем сыхă хуралласа тăраççĕ.

Çар морякĕсен юлашки речĕсем Хĕрлĕ площадь урлă каçнă вăхăтра сывлăшра моторсем кĕрленĕ сасă илтĕнсе каять. Пĕлĕтре пысăк самолет курăнса каять, ун йĕри-тавра тăватă пĕчĕк истребитель вĕçсе пыраççĕ. Сталинла летчиксем хăйсен тип çĕр çинче утса пыракан тăванĕсене

(Юлашки 2-мĕш страницăра).

## Ишлей районĕнче çураки тума васкамаççĕ

ИШЛЕЙ, майăн 3-мĕшĕ. (Хамăр корр.). Колхозсен уй-хирĕсем тахçанах юртан тасалчĕç те типсе хытма тытăнчĕç. Районти нумай колхозсем 4—5 кун каяллах ĕнтĕ сурхи ака ĕçĕсене массăллăн туса пыма пултарнă.

Анчах Ишлей районĕнче васкамаççĕ. Паянхи куна çитсе те кунта вуншар гектар кăна сурхи тырăсем акнă.

Кăшавăшри Карл Маркс ячĕпе тăракан колхозăн уйĕсем тахçанах кушăркаса çитрĕç. Вис-тăватă кун каяллах кунта лашасемпе кăна мар, тракторсемпе те сухаласа акма май пулнă. Апла пулин те колхозра халĕ виçĕ гектар çурă кăна акнă-ха. Тракторсем хăшĕ—правлени кантурĕ патĕнче, хăшĕ—анкарти хыçĕнче сурхи килне усăлса тăраççĕ, вĕсемпе ака ĕçне тума тытăнма шутламаççĕ-ха. Трактор бригади çуракине хатĕрленсе çитмен. Унăн бригадирне шыраса тупма та çук, вăл тракторсем патĕнче мар, тăста аякра çӳрет. Йĕнер тракторист Балинов юлташ хăйĕн тракторĕпе пĕр-икĕ хут çаврăнса пăхрĕ. Анчах мĕнле тытăнчĕ-ха вăл ĕçе? Предплужниксемсĕр, плуг хыçне сӳре кăкармасăр сухалама тытăнчĕ.

— Сӳре кăкарма вĕренсем çук,—тет Балинов юлташ пĕр кулмасăрах.

Предплужникĕсем плугĕ çинчех çакăнса пынă пирки вĕсемпе мĕншĕн сухаламаннине ăнлантарса пама унăн сăлтав пулмарĕ. Çавăнпа вăл трактора тăратрĕ те предплужниксене антарма тытăнчĕ. Анчах... анчах унăн хăйпе пĕрле уççи те çук иккен. Ĕçлеме мар, хиро выляма тухнă тейĕн!

Çапла пулин те, ку вăл никама та пăшăрхантармасть вара. МТС директорĕ Чупраков юлташ ун çинчен пĕлмест, колхоз председателĕ Балинов юлташ та унпа интересленмест. Сухалать-и трактор, çук-и, япăх е лайăх сухалать-и—Балинов юлташăн пурпĕрех. Вăл лăпкă пулĕмре хут таткисене йăвалакаласа кăна ларать. Колхоз лашисемпе те халĕ ака ĕçĕнче мар, тăста аякри ĕçсенче ĕçлеççĕ-ха. Колхоз председателĕ кашни кун акана миçе лаша тухнине те каласа пама пултараймасть. Виçĕ кун хушшинче колхоз виçĕ гектар çурă вика акнă, ăна та пулин алăпа акнă. Çав вăхăтрах çĕнĕ те хăватлă сеялкăсем правлени кантурĕ умĕнче салхуллăн курăнса тăраççĕ.

Карл Маркс ячĕпе тăракан артель кăна мар, Ишлей районĕнчи ытти колхозсенче те çураки тума васкани курăнмасть-ха. Районта малта пыракан «За коммунизм» колхозăн хирĕсем ик-виç кун каяллах типсе çитнĕ. Колхоз район центрĕпе юнашарах, кунта ĕçлекен трактор сасси МТС кантурĕнче те илтĕнмелле. Çук, халлĕхе вĕсем шавламаççĕ-ха. Пĕри ял вĕçĕнче юр купи тупнă та ун çине хăпарса тăнă, тепри ял хапхи патĕнче типĕ çĕртех ларать, анчах ака тума шутламасть.

Çапла тытăнаççĕ Ишлей районĕнче çурхи ака ĕçĕсене. Тӳрех калас пулать, чăтма çук япăх тытăнаççĕ. Çапах та вăл МТС дирекцине те, районти ялхуçалăх пайĕн заведующине Николаев юлташа та, ВКП(б) райкомĕпе райисполкома та кӳрентерсех каймасть пулмалла.

# ХĔРЛĔ ПЛОЩАДЬРИ ПАРАДПА ДЕМОНСТРАЦИ

(Юлашки. Пуçламăшĕ 1-мĕш страницăра).

саламласа вĕçсе иртеççĕ. Çак самантран трибунăсем çине пухăннисем пĕр, харăсах икĕ парада—çĕр çинчи çар парадне тата сывлăшри çар парадне пăхса савăнаççĕ. Площадьре пĕр тикĕс йĕркепе, харăс утса, çар чăсĕсем иртсе пыраççĕ, пĕлĕтре—СССР Сывлăш-Çар флочĕн подразделенийĕсем пĕрин хыççăн теприн вĕçсе иртеççĕ. Малтан йывăр бомбардировщиксен ывăк ушкăнĕ, унтан сывлăшра, çăмăлрах машинăсен эскадрильисем вĕçсе иртеççĕ. Юлашкинчен хытă кĕрлесе шавлани илтĕнсе каять. Ку вăл—реактивлă истребительсен шавĕ. Вĕсем питĕ хăвăрт вĕçсе иртеççĕ.

Майăн 1-мĕшĕнче Хĕрлĕ площадь çинче пулнă парад пирĕн çĕршывăн чаплă авиаци пуррине, çĕршыв пилотсен пахă кадрĕсене вĕрентсе ÿстерине лайăх кăтартса пачĕ.

Пулас офицерсен—яштака та çирĕп çамрăксен, спорт вăййисенче тĕрекленнĕ, çирĕп сывлăхлă çамрăксен илемлĕ стройĕ иртет. Вĕсем Совет Союзĕн офицерсем хатĕрлекен чи малтанхи шкулĕнче—РСФСР Верховнăй Совечĕ ячĕпе тăракан, Хĕрлĕ ялавлă пехотнăй училищĕре вĕреннине хавасла. Кунпа вĕсем тивĕçлипех хавасланаççĕ: çав училищĕне Совет государстви пулса тăрсанах усна, ăна усакансем—Ленинпа Сталин. «Кремльти курсантсем» ятланах çар стройне лайăх пĕлнине чаплă пулнă. Кăçалхи Майăн 1-мĕшĕнче вĕсем Хĕрлĕ площадь урлă уйрăмах питĕ илемлĕ стройпа утса иртрĕç.

Акă чи çамрăк воинсем—суворовецсемпе нахимовецсем. Вĕсем—çарпа халăх юратакан ачасем. Çар тумтирĕ тăхăннă, хăйсене çитĕнсе çитнĕ çынсем пекех çирĕп тытса тимлĕ пăхса пыракан ачасем çине йăшă кăмăлпа пăхмасăр тăма май çук. Çав ачасене çакăн пек пулни килĕшет. Вĕсем хăйсем çар ĕçне лайăх пĕлнипе тивĕçлипех хавасланаççĕ.

Унтан сарă-хура тĕслĕ лашасемпе совет кавалерисчĕсем тухаççĕ. Вĕсем хĕççемпе салют парса, эскадрон-эскадронĕпе лашасене юрттарса иртеççĕ...

Тĕп вырăнта тăракан çар вăл—пехота. Пехота çарĕнчен Хĕрлĕ площадьри парадра нумай çулсем хушши ĕнтĕ Совет Çарĕн мухтава тухнă соединенийĕ—М. И. Калинин ячĕпе тăракан Тамански Хĕрлĕ ялавлă, Суворов орденлĕ гвардейски стрелковăй дивизи пулать. Çак соединенин боецĕсемпе командирĕсем Смоленск çĕрĕ çинчи, Ельня хули патĕнчи çапăçусенче гитлерла фашистла çара чи малтанхи хут çапса аркатнă, гитлерла çара никам та çĕнтерес çукки çинчен çÿренĕ халап тĕрĕс маррине кăтартса панă.

Хĕçпăшаллă Вăйсен техники çав тери пуянни пирĕн Тăван çĕршыв халăх хуçалăхĕ вăйланса пынине палăртса тăрать. Пехотинецсен çарти йывăр ĕçне машина нумай çăмăллатрĕ. Мотоциклсем, автомобильсем тата ытти техника Совет Çарĕн уйрăлми пайĕ пулса тăчĕç.

Хĕрлĕ площадь урлă ретĕн-ретĕн пыракан машинăсем иртеççĕ, Гвардеец-таманецсем машинăсем çинче тăраççĕ. Вĕсем чунтан-чĕререн кăмăлласа Мавзолей енне пăхаççĕ, унта И. В. Сталин Генералиссимус тăрать. Кашни воинăн юратнă çулпуç ун çине хавасланса, тăван атте пек пăхнăн туйăнать.

...Пĕр самантлăха площадьре шăпланать. Унтан каллех Хĕрлĕ площадьре моторсен пĕр тикĕс сасси кĕрлеме тытăнать. Тăвата ретпе автомашинăсем иртеççĕ. Вĕсен хыçне зенитнăй орудисем, тупăсем, гаубицăсем кăкарнă. Грузовиксем хыççăн площаде вездеходсем, тракторсем-самоходнăй установкăсем тухаççĕ. Çав тĕрлĕ йышши техникăна хăйсен ĕçне ăста пĕлекен çынсем тытса пыраççĕ. Артиллери колонни кăтартуллă стройпа, ретĕн-ретĕн иртсе пырать.

Совет артиллерине тивĕçлипех сталинла артиллери тесе калаççĕ. Тĕнчере чи малти вырăнта тăракан совет çар наукине генилле туса хатĕрленĕ аслă çулпуçпа полководец Сталин юлташ, большевиксен партийĕ, Совет Правительстви совет артиллерине вăйлатас, унăн кадрĕсене вĕрентсе ÿстерес тесе яланах хытă тăрăшнă тата халĕ те хытă тăрăшаççĕ.

Çар маршĕн хавасла кĕввисем çарсене хастарлă тата пĕр тикĕс утса иртме пулăшаççĕ. Пин музыкантран тăракан пысăк оркестр пысăк площадьри шава хăйĕн кĕввисен сассипе илтĕнми тăвĕччĕ. Анчах халĕ ĕнтĕ оркестр сасси те площадьри шава хупласа пăрттаймасть. Артиллерии пысăк тупписем хыççăн Хĕрлĕ площаде танксем пырса кĕреççĕ. Вĕсен хăватлă моторĕсем кĕрлени, хурçă гусеницăсем чанкăртатни площадьри мĕнпур сасăсене хупласа хăртать. Хурçă машинăсен ушкăнĕсем Мавзолей умĕнчен тăтти-сыппи сĕр иртеççĕ. Трибунăсем çинче тăракансем çав чаплă машинăсене курса тăрса хавасланаççĕ.

Яланхи пекех Кантемировски Хĕрлĕ ялавлă, Ленин орденлĕ гвардейски танковăй дивизин водителĕсем, боецĕсемпе командирĕсем хăйсен ĕçне лайăх пĕлнине, марш дисциплинине чаплă пĕлнине кăтартса пачĕç.

Совет çарĕн танкла гвардийĕ Мускав патĕнчи çапăçусенче çуралнă. Унăн хастарлăхĕпе паттăрлăхĕ совет танкисчĕсене Тăван çĕршыв мухтавĕшĕн пĕтĕм чунтан-чĕререн çапăçса çĕнтерÿсем тума хавхалантарнă. Совет çарĕн бронетанковăй тата механизированнăй чăсĕсен воинĕсен уйрăмах чаплă çĕнтерÿвĕсене тивĕçлипех пысăка хурса хакланă. Вăрçă çулĕсенче сĕршер пин танкистсене Совет Союзĕн орденĕсемпе медалĕсене парса наградăланă, 1.142 танкиста Совет Союзĕн Геройĕ ятне, вĕсенчен 16 çынна иккшер хутчен Герой ятне панă.

Кантемировецсем Хĕрлĕ площадь урлă питĕ чаплă боевой машинăсемпе иртрĕç. Çак хурçă машинăсен маршĕ совет çыннисене тата тепĕр хут çакăн çинчен аса илтерчĕ: пирĕн хăватлă Тăван çĕршывăн малта пыракан металлурги промышленноçĕ, машинăсем тăвакан вăйлă промышленность, чаплă конструкторсем пур, пирĕн хăватлă Тăван çĕршывăн Совет Çарне ку чухнехи техникăпа пуянлатма мĕн кирли пĕтĕмпех пур. Пирĕн хăватлă Тăван çĕршывăн çав чаплă техникăна лайăх вĕренсе çитме пултаракан хастарлă, лайăх хатĕрленнĕ, идея тĕлĕшĕнчен çирĕпленнĕ кадрсем пур. Тăван çĕршыв бронетанковăй тата механизированнăй çар чăсĕсен воинĕсене çар ĕçĕн малта пыракан теорийĕпе хĕçпăшаллантарнă. Çак теори çине таянса, вĕсем Аслă Отечественнăй вăрçă кунĕсенче чаплă техникăпа çапăçусенче питĕ ăста усă курнине кăтартса панă.

...Юлашки танксем Василий Блаженнăй чиркĕвĕ патĕнчен иртсе каяççĕ. Хĕрлĕ площадь урлă пин çынлă оркестр иртет. Çакăнпа Майăн 1-мĕшĕнчи парад вĕçленет.

* * *

...11 сехет. Хĕрлĕ площаде демонстрантсен малти колоннисем пырса кĕреççĕ. Малта Мускав хулин—пысăк та чаплă хулан, тĕнчери чи малта пыракан совет наукипе культурин центрĕ пулса тăракан хулан Ленин орденлĕ ялавĕ вĕлкĕшсе пырать.

Мускав çыннисен аллинче союзлă вунултă республикăн гербĕсене ÿкернĕ хĕрлĕ ялавсем вĕлкĕшеççĕ, вĕсем пирĕн çĕршыври халăхсен çирĕп туслăхĕпе тăванлăхне палăртса тăракан символ пек курăнаççĕ. Вĕсем Иосиф Виссарионович Сталин портретне ÿкернĕ илемлĕ пурçăн ялав тавра курăнса пыраççĕ.

Сталин! Пĕтĕм прогрессивнăй этемлĕхĕн аслă çулпуçĕ, Ленин ĕçне малалла генилле туса пыракан, совет халăхĕн пĕтĕм тĕнчере историйĕнчи çĕнтерĕвĕсене хавхалантараканĕпе организацилекенĕ çине—Сталин юлташ çине пĕтĕм çĕр чăмăрĕ çинчи çĕршер миллион ырă шухăшлă çынсем хĕрÿллĕн юратса тата чунтан-чĕререн тав туса пăхаççĕ.

...Столицăри çамрăк граждансен—темиçе пин пионерсен отрячĕ иртет. Чечекленекен çуркунне пĕтĕм йĕри-тавралăха илемлетнĕ пек туйăнать. Трибунăсем çинчи йышлă хăнасем площадь урлă алла чечексем тытса утакан ачасене чунтан-чĕререн саламлаççĕ. Колоннăран 612-мĕш вăтам шкулăн 1-мĕш класĕнче вĕренекен Вера Кондакова уйрăлать. Вăл Мавзолейăн гранитран тунă пусмисем тăрăх хăпарать те Иосиф Виссарионович Сталина чечек çыххи парать. Саламласа кăшкăрнисем тата туслă алă сулнисем пĕтĕм халăх хавасланса саламланипе пĕрлешсе каяççĕ.

Площаде спортсменсем—чи хăюллă та вăйлă çамрăксем тухаççĕ. Çамрăксен стройĕ илемлĕ иртсе пырать. Спорт обществисен пурçăн ялавĕсем, спортсменсем çинчи хĕрлĕ, симĕс, сарă, кăвак майкăсем площадьре чечексем пекех курăнаççĕ.

Мускаври 12 районти демонстрантсен колоннисен пусĕнче 1.200 ялав çĕклесе пыракан çынсем пурте пĕр вăхăтрах площаде тухаççĕ.

Демонстрантсем социализмлă революци генийĕсен Владимир Ильич Ленинпа Иосиф Виссарионович Сталин портречĕсене, коммунистсен партийĕпе Совет Правительствин руководителĕсен портречĕсене çÿлте тытса çĕклесе пыраççĕ. Пиншер транспарантсем çинче—ВКП(б) Центральнăй Комитечĕ хĕрÿллĕн чĕнсе каланисем.

Пĕтĕм Хĕрлĕ площаде хавасланса савăнакан халăх пырса тулать. Площадĕн пур кĕтесĕсенчен те чунтан-чĕререн саламласа каланă сăмахсем илтĕнеççĕ.

— Сывă пултăр аслă Сталин!

— Сталин юлташа урра!

Илемлĕ панносемпе плакатсем Совет Союзĕнчи ĕççыннисем иртнĕ султалăкра тунă çитĕнÿсем çинчен каласа кăтартаççĕ. Пирĕн çĕршыв коммунизм патне каймалли çулпа малалла çĕнĕ утăм турĕ. Уяври колоннăсене илемлетнĕ плакатсенче 1952 çулхи çитĕнÿсем палăрса тăраççĕ. Çак çулталăк социализмлă ăмăрту çĕнĕ çĕкленÿ тунипе, продукци пахалăхĕшĕн кĕрешес ĕç вăйланнипе, ĕç тухăçлăхĕ ÿснипе, коммунизмăн аслă стройкисенчи ĕçсем питĕ анлă сарăлнипе, ĕççыннисен пурнăçĕ малалла лайăхланса пынипе палăрса тăрать.

Ленин Мавзолейĕ трибунисем умĕнчен столицăри станоксем тăвакан предприятисен—«Красный пролетарий» заводăн, Серго Орджоникидзе ячĕпе тăракан заводăн, «Станкоконструкция» заводăн коллективĕсем иртеççĕ. Вĕсем хăйсен ĕçри çитĕнÿвĕсем çинчен пĕлтерсе иртеççĕ. Совет Союзĕн станоксем тăвакан промышленноçĕ питĕ чаплă çитĕнÿсем тунă. Пирĕн çĕршывра çулталăк хушшинче кăна металл касмалли çĕр тĕслĕ ытла çĕнĕ йышши станоксем тата прессем тума вĕренсе çитнĕ.

Металлурги промышленноçĕн «Серп и молот» заводĕнче ĕçлекенсен коллективĕ тăватă уйăхри плана срокчен тултарни çинчен пĕлтерет. Вырăссен пир-авăр тĕртес ĕçри мастерĕсен—«Трехгорная мануфактура» комбинатĕнчи рабочисемпе работницăсен речĕсем çинче—питĕ илемлĕ пир-авăрсем. Пир-авăр тĕртекенсен ăста аллисем 900 тĕслĕ ÿкерчĕклĕ илемлетнĕ пир-авăрсем тĕртсе хатĕрлеççĕ.

Панносемпе картинăсенче пирĕн Аслă Октябрьте пуçланса кайнă государствăн историйри паха мухтавлă страницисем çинчен сырнă. Çав страницăсем пирĕн халăх пĕтĕм вăя хурса пултаруллă ĕçлени çинчен, коммунизм строительствинче эпир тунă питĕ чаплă çĕнтерÿсем çинчен, Отечественнăй вăрçă çулĕсенчи хаяр çапăçусемпе çĕнтерÿсем çинчен, пирĕн халăх ГОЭЛРО планне пурнăçлассинчен тытăнса коммунизмăн сталинла аслă стройкисем патне çитиччен пынă мухтавлă çул çинчен аса илтереççĕ.

Коммунизм стройкисем вĕсем—пĕтĕм халăх ĕçĕ. Вĕсен хисеплĕ заказĕсене пурнăçлас тĕлĕшпе Мускаври 200 предприяти ытла ĕçлет. Чи малтанхи пысăк та чаплă сооружени—Атăлпа Дон хушшинчи судноходнăй сооруженисем çÿремелли канал ĕçе кĕрет ĕнтĕ.

Халăх хумханакан тинĕс пекех утать. Халăх çинче çĕнĕ панносемпе транспарантсем. Мускаври Сталин ячĕпе тăракан автомобиль заводĕнчи стахановецсен портречĕсемпе юнашар—рапорт. Унта автозаводра ĕçлекенсем пĕрремĕш кварталта планран ирттерсе продукци нумай туса кăларни çинчен пĕлтернĕ. Киров ячĕпе тăракан «Динамо» заводăн колоннине илемлетни коммунизмла ĕç вăл пĕтĕмпех çĕнтерсе пыракан питĕ пысăк хăватлă вăй пулса тăни çинчен каласа кăтартать. Уяв тĕлне государствăн Каганович ячĕпе тăракан подшипниксем тăвакан пĕрремĕш завочĕ нумай пин çынлă коллективĕ чаплă çитĕнÿсем тунă. Заводри стахановецсенчен пин çын ытла ĕнтĕ 1953 çул шучĕпе ĕçлет.

Уяври демонстрацине илемлĕхĕ ытларах та ытларах курăнать. Пысăк панно çинче тулă хирĕнче хăватлă комбайн тырă вырнине кăтартнă. Цифрăсем 1951 çулта пĕтĕмпе 7.400 миллион пăт тĕштырă пухса илни çинчен каласа параççĕ.

Демонстрантсем хушшинче—чапа тухнă ученăйсем. Буржуалла çĕршывсенче империалистла правительсем хушнипе наукăран çынсене вĕлерес, пĕтермелли хатĕр туса хураççĕ. Çав вăхăтрах совет ученăйĕсем вещество строенийĕн законĕсене тупса палăртаççĕ, çутçанталăк вăртăнлăхĕсене пĕлеççĕ, çутçанталăка этемлĕх интересĕсене пăхăнтараççĕ, пурнăçа тăсмалли çĕнĕ те çĕнĕ майсене шыраççĕ тата çав майсене тупаççĕ.

Трибунăсем умĕнчен писательсем, художниксем, композиторсем, киноработниксем, вырăссен чи авалхи театрĕсен—Пысăк театрăн, Кĕçĕн театрĕн, Горький ячĕпе тăракан художествăллă академи театрĕн артисчĕсем иртеççĕ. Вĕсен хавхалануллă творчестви тĕнчери чи малти вырăнта тăракан совет культурине çĕнĕ çĕкленÿсем тума пулăшса пынă.

Хĕрлĕ площаде çĕнĕрен те çĕнĕрен пиншер москвичсем пыра-пыра кĕреççĕ.

Çак савăнăçлă кун совет çыннисем халăх демократи çĕршывĕсенче социализм тăвакан ĕççыннисене хĕрÿллĕн саламлаççĕ, халăх демократиллĕ Китай тăвас ĕçре çĕнĕ çитĕнÿсем туса пыракан аслă Китай халăхне чысласа ырă сунаççĕ. ССР Союзĕнчи, халăх демократи çĕршывĕсенчи тата Китай республикинчи халăхсен çирĕп туслăхĕ тата вĕсем пĕрпĕрне пулăшса пыни—демократипе мир лагерĕнчи çĕршывсен вăй-хăвачĕн çăлкуçĕ. Ют çĕршывсен захватчикĕсене хирĕç кĕрешсе хăйĕн ирĕклĕхĕне никама пăхăнманлăхне паттăрран хÿтĕлекен Корейăн хастарлă халăхне демонстрантсем тăванла саламлаççĕ.

Хĕвеланăç Германие империализмла агрессин Европăри бази туса хумалли преступленилле плансене хирĕç кĕрешекен Германири демократиллĕ вăйсемпе пирĕн халăх пĕр шухăшлă.

Демонстрантсем урăх çĕршывсенчи прогрессивнăй деятельсен, хăйсен пĕтĕм вăйне миршĕн, демократишĕн; социализмшăн кĕрешме паракансен портречĕсене çĕклесе пыраççĕ. Çавсем хушшинче—Китай Халăх Республикин Центральнăй Правительствин председателĕ Мао Цзе-дун, Китай Халăх Республикин Центральнăй Правительствин государство администраци совечĕ премьерĕ Чжоу Энь-лай, Китайри коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕн секретарĕ Лю Шао-ци, Китай Халăх Республикин Центральнăй Правительствин председателĕн заместителĕ Чжу Дэ портречĕсем.

Транспарантсем çинче — «Миршĕн, халăх демократишĕн!» текен питĕ пысăк пĕлтерĕшлĕ сăмахсем. Манифестантсем Польша республики президенчĕн Болеслав Берутăн, Польша Республикин Министрĕсен Совечĕн председателĕн Юзеф Циранкевичăн, Чехословаки Республики президенчĕн Клемент Готвальдăн, Чехословаки Республикин премьер-министрĕн Антонин Запотоцкин, Болгарири коммунистсен партин Центральнăй Комитечĕн генеральнăй секретарĕн Вылко Червенковăн, Болгари Халăх Республикин Халăх Пухăвĕн президиум председателĕн Георги Дамяновăн, Венгрири ĕççыннисен партийĕн генеральнăй секретарĕн Матиас Ракошин, Венгри Халăх Республикин Министрĕсен Совечĕн председателĕн Иштван Добин, Венгри Халăх Республикин Президиум председателĕн Шандор Ронаин, Румынири рабочи партин Центральнăй Комитечĕн генеральнăй секретарĕ Г. Георгиу-Дежăн, Румыни Халăх Республикин Министрĕсен Совечĕн председателĕн Петру Грозăн, Румыни Халăх Республикин Аслă Наци Пухăвĕн Президиум председателĕн Константин Пархонăн, Албанири ĕçлĕх партин Центральнăй Комитечĕн генеральнăй секретарĕн Энвер Ходжан, Албани Халăх Республикин Халăх Пухăвĕн Президиум председателĕн Омер Нишанин, Монголи халăхĕн çулпуçĕн Чойбалсан маршалăн портречĕсене çĕклесе пынă.

Демонстрантсем çинче — Демократиллĕ Германи Республикин президенчĕн Вильгельм Пикăн, Демократиллĕ Германи Республикин премьер-министрĕн Отто Гротеволĕн, Германири Социалистсен Пĕрлĕхлĕ Партийĕн Центральнăй Комитечĕн генеральнăй секретарĕн Вальтер Ульбрихтăн, Демократиллĕ Вьетнам Республикин президенчĕн Хо Ши Минăн портречĕсем.

Демонстрантсем Демократиллĕ Корея Халăх Республикин Министрĕсен Кабинечĕн председателĕн Ким Ир Сенăн, Демократиллĕ Корея Халăх Республикин Аслă Халăх Пухăвĕн Президиум председателĕн Ким Ду Бонăн портречĕсене çĕклесе пынă.

Колоннăсем çинче — Франци халăхĕн çулпуçĕн Морис Торезăн, Итали халăхĕн çулпуçĕн Пальмиро Тольяттин, Америкăри революцилле рабочи класс çулпуçĕн Уильям Фостерăн, Испанири коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕн генеральнăй секретарĕн Долорес Ибаррурин, Англири коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕн генеральнăй секретарĕн Гарри Поллитăн портречĕсем.

Пиншер плакатсем, транспарантсем тата хăмасем çине ВКП(б) Центральнăй Комитечĕ çапла чĕнсе каланине çырнă:

— Мĕнпур çĕршывсенчи ĕççыннисем! Мире сыхласа хăварас ĕçе халăхсем хăйсен аллине илсен тата ăна вĕçне çитичченех хÿтĕлесе тăрсан, мир сыхланса юлĕ тата тĕреклĕнĕ! Халăхсен миршĕн кĕрешес ĕçри пĕрлĕхне тĕреклетĕр, миршĕн тăракансен речĕсене пысăклатса тата пĕтĕçтерсе пырăр!

Мир идейисем пур çĕршывсенче те çынсен анлă массисем хушшине сарăлаççĕ, вĕсене миршĕн активлă кĕрешме çĕклеççĕ. Пĕтĕм тĕнчери Мир Совечĕ пилĕк аслă держава хушшинче мире сыхламалли килĕшÿ тума чĕнсе калани çине 600 миллион çын ытла алă пуснă ĕнтĕ. Америка агрессорĕсен тискер ĕçĕсене — Корейăпа Китайра бактериллĕ хĕçпăшалпа усă курнине хирĕç протестлемелли хăватлă юхăм çĕр чăмăрĕ çине анлă сарăлчĕ.

Майăн 1-мĕшне уявласси демократипе мирĕн хăватлă лагерĕ малалла ÿссе тата тачă пĕрлешсе пынă, капитализмлă системăн пĕтĕмĕшле кризисĕ малалла çивĕчленсе пынă лару-тăрура пулса иртет. Пĕтĕм тĕнчери ĕççыннисем пĕр кăмăллине кăтартмалли кун Совет Союзĕнчи ĕççыннисем мĕнпур халăхсене — миршĕн, демократишĕн, социализмшăн, агрессорсене тата çĕнĕ вăрçă пуçарма хĕтĕртекенсене хирĕç кĕрешекен халăхсене тăванла салам яраççĕ.

Кăнтăрла иртни 5 сехет. Мускаври мĕнпур 25 районти демонстрантсен колоннисем Хĕрлĕ площадь урлă иртрĕç. Уяври демонстрацие физкультурниксем вĕçлеççĕ. Спортсменсем çĕклесе пыракан пысăк саспаллисенчен совет çыннисен кĕрешÿри лозунгĕ пулса тăнă:

— Малалла, коммунизм çĕнтерĕвĕ патне!

Пĕтĕм тĕнчери уяв кунĕнче—Майăн 1-мĕшĕнче столицăри ĕççыннисем хăйсем халăхсен аслă çулпуçне И. В. Сталин юлташа, Тăван çĕршыва чунтан-чĕререн хĕрÿллĕн юратнине тата вĕçĕмсĕр парăнса тăнипе, хăйсен моральпе политика тĕлĕшĕнчи пĕрлĕхне тепĕр хут палăртрĕç, хăйсем Ленинпа Сталинăн никăм çĕнтерейми партийĕ тавра тачă пĕрлешнине кăтартса пачĕç.

Халăхсем хушшинчи мирпе туслăх çĕнтерессишĕн кĕрешес ĕçре совет çыннисем мĕнпур çĕршывсенчи ĕççыннисемпе тăванла пĕр шухăшлă пулнине демонстраци яр-уççăн кăтартса пачĕ.

Демонстрацие миллион çын ытла тухнă.

* * *

Каçхине Мускав уяв чухнехи илемлĕ çутăсемпе йăлкăшса çуталса тăнă. Хулари пиншер çынсем урамсемпе площадьсене тухнă.

Тĕнчери ĕççыннисен праçникне уявланă ятпа каçхине 10 сехетре Мускавра тупăсенчен пĕр харăс çирĕм хутчен персе салют панă. (ТАСС).

# Шупашкарти ĕççыннисен Майăн 1-мĕшĕ ячĕпе пулнă демонстрацийĕ

Майăн 1-мĕшне Шупашкар хулинчи ĕççыннисем савăнăçăн уявласа ирттерчĕç.

Хула малтанах çурхи уяв тумне тăхăнса капăрланчĕ. Пур çĕрте те хĕрлĕ ялавсем, ВКП(б) Центральнăй Комитечĕ чĕнсе каланисене çырнă транспарантсем. Кашни предприяти е учреждени, кашни çурт çинче, площадьсенче аслă çулпуçсен портречĕсем.

Хĕрлĕ площадь. Вăл яланхи пекех капăр та илемлĕ. Çÿлте, трибуна çинче, Совет государствине туса хуракансен, аслă çулпуçсен В. И. Ленинпа И. В. Сталин портречĕсем. Икĕ енĕпе ВКП(б) Центральнăй Комитечĕн И. В. Сталин юлташ ертсе пыракан Политбюро членĕсен потречĕсем.

Чылай çуртсем çинче «Аслă Сталина мухтав!», «Мир вăрçа çĕнтерет!» тесе çырнисем электричество çуттипе ялкăшса тăраççĕ. Çурхи тĕттĕм каç çав сăмахсем катаранах курăнаççĕ.

Уяв кунĕ. Хĕрлĕ площадь çывăхĕнчи урамсем халăхпа тулаççĕ. Вĕçĕ-хĕррисĕр хĕрлĕ ялавсем, чечексемпе илемлетнĕ çулпуçсен портречĕсем, ĕçри çитĕнÿсене кăтартакан ÿкерчĕксем, плакатсем, макетсем.

11 сехет. Трибуна çине республикăри тата хулари партипе правительство, профсоюзпа комсомол организацийĕсен руководителĕсем, СССР, РСФСР тата Чăваш АССР Верховнăй Совечĕсен депутачĕсем, министрсем хăпараççĕ. Хăнасен трибуни çинче республикăн паллă çыннисем, хулари предприятисенчи стахановецсемпе стахановкăсем, наука çыннисем, литературăпа искусство работникĕсем.

Демонстраци пуçланать. Чи малтанах Хĕрлĕ площаде пионерсемпе шкул ачисен колонни тухать. Чечексемпе илемлетнĕ Ленинпа Сталин портретне ачасем питĕ тирпейлĕн йăтса пыраççĕ. Колонна варринче пĕр корзинка, унта ешĕрекен чечексем хушшинче — савăнăçлă ача. Хĕрлĕ хăмач çине: «Ачасене телейлĕ пурнăç туса панăшăн тавтапуç аслă Сталина!»—тесе çырнă.

Шкул ачисемпе пĕрле çамрăксене коммунистла воспитани парас тĕлĕшпе ырми-канми ĕçлекен учительсем хавасланса утаççĕ.

Акă арçын ачасен вăтам шкулĕнче вĕренекенсен колонни Хĕрлĕ площаде пырса кĕрет. Ачасем çĕр чăмăрĕн макетне йăтса пыраççĕ. Çĕр чăмăрĕ çинче пионер тăрать. Ун аллинче: «Тĕнчене лăпкă пурнăç кирлĕ! Тĕнчипех мир пултăр!» тесе çырнă лозунг. Колонна трибуна тĕлне çитсен, сывлăша шурă кăвакарчăнсем вĕçсе хăпараççĕ те площадь çийĕн вĕçсе каяççĕ.

Хĕрачасен пĕрремĕш вăтам шкулĕнче вĕренекенсем тĕрлĕ халăхсен тумĕсене тăхăнса тухнă. Пирĕн çĕршыври халăхсен иксĕлми туслăхне кăтартнă вĕсем. Çамрăк демонстрантсем Ленинпа Сталин кĕнекисене çÿлте тытса йăтса пыраççĕ. Вĕсем ĕçре те, вĕренÿре те, пур çĕрте те аслă çулпуççем пек пулма тăрăшаççĕ, Ленин—Сталин идейисене пĕлме, наукăсене алла илме тăрăшаççĕ.

Хĕрлĕ площаде Ĕçлĕх Хĕрлĕ Ялав орденлĕ завод колонни пырса кĕчĕ. Колонна умĕнче завод коллективĕ ĕçпе кĕрешÿре çĕнсе илнĕ ялавсем. Вĕсенчен пĕрне заводри паллă стахановец-фрезеровщик И. Королев юлташ йăтса пырать.

Ялавсем хыççăн малти ретре—уяв умĕнхи социализмлă ăмăртура мала тухнă стахановецсемпе стахановкăсем.

— Сывă пултăр халăхсен аслă çулпуçĕ Сталин!

— Сывă пултăр пире çĕнĕ çитĕнÿсем тума хавхалантаракан большевиксен партийĕ!

— Урра!

Вăйлăн янăрать Хĕрлĕ площадь.

Площаде пир-авăр фабрикинче ĕçлекенсен колонни пырса кĕрет. Умра автомашина, ун çинче тĕртмелли станок, фабрика туса кăларакан продукцисем — пусма таварсем. Станок патĕнче фабрикăри чи лайăх продукци туса кăларакан бригадăн бригадирĕ А. Орешкина тăчиха.

— Тăван çĕршыва планран ирттерсе пиншер метр пусма тавар паратпăр!—пĕлтереççĕ колонна йăтса пыракан диаграммăсем.

Хĕрлĕ площаде автомашина хуллен пырса кĕрет. Ун çинче Атăл çинчи гидроэлектростанци макечĕ. Икĕ çамрăк çурлапа мăлатука сыхăнтарса çÿле тытса йăтса пыраççĕ. Мирлĕ ĕçпе пурăнакан рабочисемпе колхозлă ял çыннисем тăваççĕ çак пысăк строительствăсене.

«Мир вăрçа çĕнтерет!»—çак лозунгпа кашни колоннăра курма пулать. Мир вăрçа çĕнтересси совет çыннисен çирĕп шанаççĕ, мĕншĕн тесен миршĕн кĕрешекенсен лагерне аслă Сталин хăй ертсе пырать.

— Мир ялавне çÿлте тытса пыракан аслă Сталина мухтав! Урра!—янăрать площадь.

Умра, машина çинче, физкультурниксем. Вĕсем тĕрлĕ пирамидăсем, упражненисем тăваççĕ. Совет спортсменĕсем Тăван çĕршыва сыхлама яланах хатĕррине, çамрăксем сывă та тĕреклĕ çынсем пулса ÿснине кăтартса параççĕ.

Спортсменсем хыççăн площаде строительсем пырса кĕреççĕ. Вĕсем уяв умĕнхи социализмлă ăмăртура тунă çитĕнÿсене кăтартакан панносем йăтса пыраççĕ. Колонна умĕнче темиçе хутлă пурăнмалли чул çурт строительствине кăтартакан макет-машина.

Пир-авăр комбиначĕн строительствинче ĕçлекенсен колоннине питех те лайăх илемлетнĕ. Умри машина çинче арламалли çĕнĕ станок. Унтах комбинат туса кăларакан продукцисем.

Колоннăсем вĕçĕ-хĕррисĕр килсе тăраççĕ. Пир-авăр комбинатĕнче ĕçлекенсем хыççăн финанспа банк работникĕсем, тĕрлĕ министерствăсемпе предприятисенче ĕçлекенсем иртеççĕ.

Савăнăçлă, хаваслă Май уявĕ. Савăнать пĕтĕм çĕршыв. Паян вăл, мирĕн ĕçĕн игогне тăвать, çĕнĕ çитĕнÿсем тăвассишĕн кĕрешĕве тухать. Çак савăнăçлă хаваслăх çине пăхсан, В. В. Маяковскин сăмахĕсемпе:

Хамăр республикăра
Ялкăш пĕрмай
Ĕç,
Мир,
Май!—

тесе калас килет.

Хĕрлĕ площадьри демонстраци икĕ сехет ытла пычĕ. Хулари ĕççыннисем хăйсем коммунистсен партине, аслă çулпуçа Иосиф Виссарионович Сталина вĕçĕ-хĕррисĕр юратнине, хăйсен моральлĕ-политикăллă пĕрлĕхне кăтартса пачĕç.

# Çĕмĕрле

Апрелĕн 30-мĕшĕнче сĕтел-пукан комбиначĕн клубĕнче хула Совечĕпе ВКП(б) райкомĕн савăнăçлă ларăвĕ пулчĕ. Ларăва обществăллă организацисен представителĕсем те пынă.

Ларура Майăн 1-мĕшĕ çинчен ВКП(б) райкомĕн секретарĕ А. Федорова юлташ доклад турĕ. Ларура пулнисем, пурте пĕр шухăш-кăмăллă пулса, аслă Сталин юлташ патне саламлă çыру яма йышăнчĕç.

Юлашкинчен сĕтел-пукан комбинатĕнчи художествăллă пултарулăх коллективĕ пысăк концерт пачĕ.

Майăн 1-мĕшĕнче хулара митинг пулчĕ. Митингра пулнисене ĕççынни депутачĕсен район Совечĕпе парти райкомĕ ячĕпе райсовет исполкомĕн председателĕ Статуев юлташ саламларĕ, сĕтел-пукан комбинатĕнчи цех начальникĕ Кондюров тата ытти юлташсем те саламлă сăмахсем тухса каларĕç.

Митинг хыççăн демонстраци пулчĕ.

# Сĕнтĕрвăрри

Ĕççынни депутачĕсен хула Совечĕпе ВКП(б) райкомĕн савăнăçлă ларăвĕнче пулнисем, нумаййчен алă çупса, хисеплĕ президиума аслă Сталин юлташа тата вăл ертсе пыракан ВКП(б) Центральнăй Комитечĕн Политбюро членĕсене суйларĕç.

Пĕтĕм тĕнчери ĕççыннисен уявĕ—Майăн 1-мĕшĕ çинчен ВКП(б) райкомĕн секретарĕ Соколов юлташ доклад туса пачĕ.

Юлашкинчен хулари пултарулăх коллективĕсем пысăк концерт пачĕç.

Майăн 1-мĕшĕнче хулари ĕççыннисен митингĕ пулчĕ. Митингра район Совечĕ тата ВКП(б) райкомĕ ячĕпе парти райкомĕн секретарĕ Трофимов юлташ, районти комсомолецсемпе çамрăксен ячĕпе ВЛКСМ райкомĕн секретарĕ Бардасов юлташ, рабочисемпе служащисен ячĕпе райпромкомбинатри паллă стахановец Тимофеев юлташ саламлă сăмахсем каларĕç.

— Райпромкомбинатри рабочисемпе работницăсем тата служащисем Май уявне ĕçри пысăк çитĕнÿсемпе кĕтсе илчĕç,—терĕ Тимофеев юлташ.—Комбинат коллективĕ апрель уйăхĕнчи производство планне 110 процент тултарчĕ. Предприятири 49 стахановец уйăхри заданине 185—300-шер процент тултарчĕç. Пирĕн коллектив большевиксен партийĕ Майăн 1-мĕшĕ ячĕпе чĕнсе каланисемпе хавхаланса малашне тата хастарлăрах ĕçleme пулать.

# Куславкка

Майăн 1-мĕшĕнче ирхине ирех капăр тумланнă рабочисемпе служащисем тата, колхозниксем поселок урамĕсене тухрĕç. Пурте колоннăсене йĕркеленсе тăраççĕ. Малти ретре—пурăнмалли çуртсем тăвакан заводри рабочисемпе служащисен, инженерсемпе техниксен йышлă колонни. Колонна пуçĕнчи оркестр хаваслă марш вылять...

Поселокри ĕççыннисен Майăн 1-мĕшĕ ячĕпе пухăннă митингне ĕççынни депутачĕсен райсовет исполкомĕн председателĕ И. Прытченков юлташ уçрĕ. Митингра пулнисене ВКП(б) райкомĕн секретарĕ Г. Петрухин юлташ, çуртсем тăвакан заводри паллă стахановец П. Макаров, Сала больницинчи хирург Н. Владимиров тата вĕренекенсен ячĕпе Евсеев юлташсем саламларĕç. Митинг хыççăн демонстраци пулчĕ.

# „Пичет кунсерен мар, сехетсерен ÿсме тивĕҫлĕ, вăл пирĕн партин чи ҫивĕч те чи вăйлă хĕҫпăшалĕ“ *И. В. СТАЛИН.*

* * *

## Массăсемпе ҫыхăну тытса ĕҫлетпĕр

Большевикла пичет вăйĕ массăсемпе—рабочисемпе, хресченсемпе тата интеллигенципе тачă ҫыхăну тытнинче. Ҫавăнпа эпир корреспондентсен активĕпе тачă ҫыхăну тытма, массăллă ĕҫĕн тĕрлĕ формисемпе усă курма тăрăшатпăр. Редакци кашни уйăхрах тематикăллă план тăвать. Ҫав плана партипе совет активĕпе, ялхуҫалăх специалисчĕсемпе пĕрле сÿтсе яватпăр. Актив пире хаҫатра мĕнле материалсем ытларах пичетлемеллине пĕлтерсе тăрать.

Редакци корреспондентсемпе тата хаҫат вулакансемпе час-часах канашлусем ирттерет. Кăҫал ялхуҫалăхĕнче малта пыракансен опытне сутатас майпа ятарласа вулакансен конференцине ирттертĕмĕр. Конференцие пулнисем хаҫат ĕҫне лайăхлатма сĕнÿсем чылай пачĕҫ.

Корреспондентсем патне час-часах ҫырусем ҫыратпăр. Вĕсем редакцине ярса панă материалсенче мĕнле кăлтăксем пуррине, хаҫата мĕнле ыйтусемпе ытларах ҫырмаллине пĕлтеретпĕр. Юлашки вăхăтра корреспондентсене редакцине чĕнсе канашма тытăнтăмăр. Массăсемпе ҫыхăну тытас ĕҫе лайăхлатни редакцине килекен ҫырусен хисепне ÿстерме пулăшрĕ. Пирĕн хаҫат ҫине малта пыракан колхозниксем, механизаторсем, ялхуҫалăх специалисчĕсем, учительсемпе врачсем, партипе совет организацийĕсенче ĕҫлекенсем районăн общественлă-политикăллă, хуҫалăх пурнăҫĕн ĕҫĕсем ҫинчен ҫыраҫҫĕ.

Карл Маркс ячĕпе тăракан колхозри уй-хир бригади бригадирĕ, орденоносец В. Павлов юлташ хаҫата иртнĕ ҫул мĕнле майпа вăйлă тырпул туса илни тата кăҫалхи пысăк тухăҫа тырпулшăн кĕрешни ҫинчен ҫырчĕ. Чăваш АССР Верховнăй Совет депутачĕ, Суворов ячĕпе тăракан колхозри уй-хир бригади бригадирĕ А. Иванова юлташ бригадăра ĕҫе йĕркелени опытне паллаштарчĕ. Жданов ячĕпе тăракан колхозри мичуринец-пахчаҫă И Гордеев юлташ пысăк тухăҫлă улма-ҫырла, арбуз тата ытти ҫимĕҫсем туса илни ҫинчен ҫырчĕ. Кăҫал хаҫатра ялхуҫалăхĕнче малта пыракансен, МТС механизаторĕсен ҫыравĕсене чылай пичетленĕ. Хаҫатра ĕҫри ÿсĕмсем ҫинчен ҫырнă статьясемпе пĕрлех, критикăллă материалсем пичетлетпĕр. Ҫитменлĕхсем ҫинчен ҫырнă материалсем тăрăх тивĕҫлĕ организацисем мĕнле мерăсем йышăннине тĕрĕслесех тăратпăр.

Районта халăха кино кăтартас ĕҫре пысăк ҫитменлĕхсем пурччĕ. Ҫак ыйтупа хаҫатра темиҫе ҫыру пичетленĕ хыҫҫăн, вĕсене райисполкомăн ларăвĕнче, районти кинофикаци управленийĕ ĕҫлекенсен производствăллă канашлăвĕнче сÿтсе яврĕҫ, ҫитменлĕхсене пĕтерес тĕллевпе тивĕҫлĕ мерăсем йышăнчĕҫ. Халĕ кино кăтартас ĕҫ лайăхланчĕ.

Хаҫатра пичетленнĕ сигналсем тăрăх организацисем мĕнле ĕҫсем туса ирттернине тата мĕнле мерăсем йышăнни ҫинчен яланах ҫырса пĕлтеретпĕр.

Ĕҫялкорсен активĕпе тытакан ҫыхăнăва вăйлатма рейдсем ирттерни те нумай пулăшать. Юлашки вăхăтра шкулсене ҫĕнĕ вĕренÿ ҫулне хатĕрленнине, колхозсене хатĕрленнине тата суту-илÿ организацийĕсен ĕҫленипе тĕрĕслес майпа темиҫе рейд ирттертĕмĕр. Рейдсем ирттерни ÿсĕмсемпе пĕрлех, ҫитменлĕхсене палăртма, йĕркесĕрлĕхсене пĕтерес тесе тивĕҫлĕ мерăсем йышăнма пулăшрĕ.

Анчах пирĕн редакци ĕҫĕнче ҫитменлĕхсем те чылай. Корреспондентсемпе вулакансем умĕнче редакци ĕҫĕсем ҫинчен отчетсем туса парасси—кирлĕ ĕҫ. Ҫапах та кун пек отчетсем ҫулталăкра пĕрре ҫеç пулнă. Хаҫат ҫине выранти промышленность предприятийĕсенче, вылăх-чĕрлĕх фермисенче, медицина учрежденийĕсенче ĕҫлекенсем сахал ҫыраҫҫĕ.

Редакци тепĕр чухне пуҫланă ĕҫе вĕҫне ҫитермест. Кăҫал «Самолет» колхозри комсомолецсемпе ҫамрăксем выранти удобренисем пухас тĕлĕшпе паха пуҫару турĕҫ. Редакци ҫак пуҫару ҫинчен пичетленипех ирттерсе ячĕ.

Активпа тачă ҫыхăну тытсан хаҫата илемлĕрех, витĕмлĕрех, кăмăллăрах тума, унăн идейăллă-политикăллă шайне ÿстерме, социализмлă ăмăрту мĕнле сарăлса пынине анлă сутатса тăма, критикăна вăйлăрах сарса пыма пулать. Большевиксен партийĕн Центральнăй Комитечĕ кăтартса панисене пурнăҫласа, редакци ĕҫялкорсен активĕпе ытларах ҫыхăнса ĕҫлĕ.

**Я. СИГАЕВ,**

**Советски районĕнчи «Совет ялавĕ» хаҫат редакторĕ.**

## Колхозри стена хаҫачĕ

ВАРМАР. «Хĕрлĕ Март» колхозра «Ялав» ятлă стена хаҫачĕ туса тăрать. Вăл колхозри парторганизаци ҫирĕплетнĕ план тăрăх ĕҫлет. Хаҫатра колхоза организаципе хуҫалăх енчен ҫирĕплетесси, вăйлă тырпулшăн тата ăшалă вылăх-чĕрлĕхĕшĕн кĕрешесси ҫинчен ҫырнă статьясем чылай пулаҫҫĕ. Кунпа пĕрлех колхозниксен культурине ÿстересси ҫинчен те час-часах ҫыратпăр.

Стена хаҫатĕнче «Яла радиофикацилер» ятлă статья пичетленнĕ хыҫҫăн, ăна колхозниксен пухăвĕнче ятарласа сÿтсе яврĕҫ. Пуху 1952 ҫулта яла радиофикацилесе ҫитерме, Октябрьти Социализмлă Аслă революци 35 ҫул тултарнă тĕле кашни киле радио кĕртме йышăнчĕ.

Эпир хаҫат-журнал ҫырăнса илесси, шкул пурнăҫĕ, кооперацин ĕҫĕ ҫинчен те чылай ҫыртăмăр. Колхозниксен социализмлă ăмăртăвне сутатса пыма хаҫатра «Хисеп хăми» тунă.

Ҫитменлĕхсене уҫсăн, витĕмлĕн критиклетпĕр, критикăллă статьясене колхоз правленийĕнче, ял Советĕнче, парторганизаци пухăвĕнче сÿтсе яваҫҫĕ. Ку вăл ĕҫри ҫитменлĕхсене пĕтерсе пыма пулăшать.

Стена хаҫачĕ уйăхра икĕ номер тухать. Хĕрÿ ĕҫ вăхăтĕнче 3—4 номер кăларатпăр.

«Ялав» стена хаҫачĕ колхоз пурнăҫне анлă сутатать, кашни номертех ҫĕнĕ ыйтусем кăларса тăратать. Хаҫатра литература кĕтесĕ те пур.

**А. КУЗЬМИН.**

## „Стахановец“ стена хаҫачĕн ĕҫĕсемпе ҫитĕнÿсем

Кирек мĕнле ҫитĕнÿ пулăсси те ĕҫе юратса туса пынинчен килет. Ку вăл стена хаҫатне кăларас ĕҫре те ҫавах. Редколлеги составĕнче хаҫат ĕҫне чĕререн юратакан, хастарлă, тÿрĕ кăмăллă ҫынсем пур пулсан редколлеги ĕҫĕ ăнса пырать. Ахальтен мар ĕнтĕ пирĕн «Культура» колхозра редколлеги составне суйланă чухне кашни кандидатурăна тĕплĕн тишкерсе тухаҫҫĕ.

Пирĕн редколлегире пурĕ 9 ҫын. Редколлеги членĕ С. Анисимов—хăмла пахчин бригадирĕ, район Совечĕн депутачĕ. Иртнĕ ҫул вăл хăйне ҫирĕплетсе панă 3 гектар ҫинче гектартан 9-шар центнер, пурĕ 27 центнер, пĕрремĕш сортлă хăмла туса илсе государствăна пачĕ. Государство колхоза 48 пин тенкĕ укҫа, 432 центнер ҫĕрулми пачĕ. Кăҫал Анисимов кашни гектартан 60-шар пăт хăмла туса илме пулчĕ.

Редколлегин ытти членĕсенчен И. Никитин, Г. Беклемишева, А. Капитонов—ял Совечĕн депутачĕсем, Л. Афанасьев—колхозри ревизи комиссин председателĕ, Н. Соловьев—ревизи комисси членĕ, П. Иванов — учитель, В. Гусев — вулав сурчĕн заведующийĕ.

Хаҫата вăхăтра та йĕркеллĕ кăларса тăрас тесен, редколлегин кашни членĕ мĕнле ĕҫе пултарассине пĕлсе тăни кирлĕ. Пирĕн редколлегири И. Никитин юлташ парти пурнăҫĕ енĕпе, комсомолец Н. Соловьев юлташ—комсомолецсемпе ҫамрăксен пурнăҫĕ енĕпе, учитель П. Ивановпа Л. Афанасьев юлташсем юморпа литература енĕпе, эпĕ хам карикатурăсемпе ÿкерчĕксем туса йĕркелес енĕпе ĕҫлетпĕр. Г. Беклемишева хĕрарăмсем енĕпе ĕҫлет. Вĕсемсĕр пуҫне А. Капитоновпа В. Гусев тата С. Анисимов юлташсем заметкăсенчи фактсене выранта тухса тĕрĕслеҫҫĕ.

Иртнĕ ҫул, Шупашкарти «Электрик» клубра пирĕн «Стахановец» хаҫатăн уйрăм выставкине пулнă хыҫҫăн, Чăваш АССР Министрĕсен Совечĕ ҫумĕнчи Культурăпа сутĕҫ учрежденийĕсен управленийĕпе Искусство ĕҫĕсен управленийĕ мана хамăр редколлеги составĕнчен 2—3 ҫынна хам пек оформительсем хатĕрлеме хушсаччĕ. Ҫавна асра тытса, эпĕ ҫак ĕҫе П. Ивановпа Н. Соловьев юлташсене явăҫтартăм. П. Иванов хаҫата лайăх илемлетсе кăлара пуҫларĕ.

Кăҫал эпир 11 номер, пурĕ 1.033 номер кăлартăмăр. Ҫак 11 номер ҫинче 154 заметка тата 62 ÿкерчĕк тухрĕ. Хаҫата вырнаҫтарма май килмен заметкăсем 16 пулчĕҫ. Ҫапла вара «Стахановец» хаҫатра вăтам шутпа кашни номерте 14 заметка, 5—6 ÿкерчĕк тухрĕ.

Ĕҫри ҫитменлĕхсемпе чăрмавсем ҫинчен ҫырнă 28 заметкăна колхоз правлениларавĕсенче сÿтсе явса, тивĕҫлĕ мерăсем йышăннă.

Критиклесе ҫырнă заметкăсемпе ҫырусене эпир хаҫатра тухнă хыҫҫăн кăна мар, вĕсене илсенех правленипе парторганизацине тăрататтăмăр. Хаҫатра тухнă хыҫҫăн кăна сÿтсе явма тăратсан, хăшпĕр заметкăсем кивелеҫҫĕ, вĕсен пĕлтерĕшĕ чакать. Ĕҫе ҫийĕнче тĕплĕн тишкерсе тухни редколлеги авторитетне те ҫĕклет, колхозниксем те кăмăллă пулаҫҫĕ, ĕҫре чăрмавсем те сахалланаҫҫĕ.

«Стахановец» хаҫата кăларнипе пĕрлех, эпир тата хаҫат ҫумĕнче ятарласа «Молния» кăларатпăр. Кăҫал 3 номер кăлартăмăр. «Молния» ҫине эпир пĕр-пĕр колхозникăн патриотла ĕҫĕ ҫинчен каласа, унтан ыттисенĕ пример илме чĕнсе ҫыратпăр.

Кăҫал пирĕн ҫакăн пек ĕҫ пулса иртрĕ. Колхозăн отчетлă пухăвĕ тĕлне кăларнă «Стахановец» ҫинче 60 ҫулхи Алексей Наумов 9 центнер кăвакарчăн тислĕкĕ пухса пани ҫинчен ҫырсаччĕ. Ҫакăнпа нумай колхозниксем интересленчĕҫ, пухура та Наумов ĕҫĕ ҫинчен тапратрĕҫ. Тепĕр кунне Наумов ман пата юри пырса ҫапла каларĕ: «Хаҫатра ман ҫинчен ырласа ҫырни, колхозниксем кун пирки хумханса калаҫни мана кĕҫĕр канăҫ памарĕ. Манăн тата та ытларах удобрени пухса парас килчĕ. Эпĕ бригадир Л. Мурашкина киле илсе пырса, ăна тата 6 центнер кăвакарчăн тислĕкĕ, 2 центнер кĕл парса ятăм. Кунсăр пуҫне ҫăва тухиччен 20—25 лав тислĕк хатĕрлетĕп».

Ҫапла вăл пурĕ 15 центнер кăвакарчăн тислĕкĕ, 2 центнер кĕл хатĕрлесе пачĕ. Наумовăн патриотла ĕҫĕ ҫинчен эпир ҫав кунах «Молния» хаҫатра ҫыртăмăр. Пурне те Наумовран пример илме чĕнтĕмĕр.

Агитацин пĕлтерĕшĕ пысăк пулчĕ. Кашни бригадăра Наумов ĕҫĕ ҫинчен сÿтсе явса, колхозниксем выранта ытларах удобрени пухма пулчĕҫ. К. Рыбкин 8 центнер, Л. Стекольщикова 9 центнер, М. Анисимова, У. Борисова, Н. Увальнова, З. Соловьева 5—6-шар центнер кайăк-кĕшĕк тислĕкĕ пухса пачĕҫ. Уйăх хушшинче колхозĕпе 456 центнер кайăк-кĕшĕк тислĕкĕ, 262 центнер кĕл пухăнчĕ, хире 5.938 лав тислĕк кăларчĕҫ. Халĕ уй-хир бригадисем пухса хунă 718 центнер удобренипе кĕрхи тырă калчисене апат пачĕҫ.

Вырăнтах ҫавăн чухлĕ удобрени хатĕрлеме пултарни колхозшăн та, редколлегишĕн те чаплă ҫитĕнÿ пулчĕ. Ҫакă вăл редколлеги массăпа ҫирĕп ҫыхăну тытнинчен килчĕ.

Хаҫатăн чи лайăх корреспонденчĕсем—колхоз активĕпе стахановецсем. Халĕ пирĕн хаҫата 68 ҫын ҫырса тăрать. Вĕсем хушшинче Л. Мурашкинпа Ю. Никитин бригадирсем, сурăх ферми заведующийĕ В. Иванов, шофер Н. Добронравов, М. Ильина, Л. Стекольщикова стахановкăсем, 67 ҫулхи И. Осипов тата ытти юлташсем те. Ҫак актив ҫине таянса ĕҫлет те ĕнтĕ пирĕн редколлеги.

Боевой листоксем кăларас енĕпе уйрăмах Таисия Матвеева коммунистка тăрăшса ĕҫлет. Вăл вылăх-чĕрлĕх валли апат туса хатĕрлекен В. Долгов бригадинче боевой листок кăларса тăрать. Кăҫал пурĕ 16 номер кăларчĕ. Матвеева юлташăн ку енĕпе пысăк опыт пур, ҫак енĕпе вăл 10 ҫул хушши ĕҫлет ĕнтĕ.

Вăйлă тырпулшăн кĕрешес ĕҫĕн чи ответлă тапхăрĕ вăл—ҫураки. Ҫуракине тата уйри ытти ĕҫсене лайăх пахалăхпа ирттерни—кăҫал вăйлă тырпул туса илес ĕҫе татса пама пулăшать. Ҫак ĕҫре ĕнтĕ стена хаҫачĕсемпе боевой листоксем пысăк вырăн йышăнаҫҫĕ.

**И. АНДРЕЕВ,**

**«Культура» колхозри стена хаҫат редакторĕ.**

**Октябрьски районĕ.**

## Чăваш халăхне ирĕке кăларассишĕн кĕрешнĕ тапхăрти вырăнти пичет

«Правда» хаҫат большевиксем вырăнсенче кăларса тăракан хаҫатсене ĕҫсынисене ирĕке кăларассишĕн кĕрешмелли тĕрĕс ҫул-йĕре кăтартса панă. Эпир «Рабочий»—большевиксен Хусанти организацийĕн хаҫачĕ—Чăваш ĕҫршывĕнче революци туса ирттернĕ вăхăтра пысăк пулăшу панине палăртасшăн. Партин ҫав тапхăрти историллĕ решенийĕсем, Ленинпа Сталин ҫырнă статьясемпе документсем, парти съезчĕсемпе конференцийĕсем ҫинчен чăваш халăхĕ чи малтан ҫав хаҫат тăрăх пĕлнĕ. 1917 ҫулхи март уйăхĕнчĕ «Чебоксарская правда» хаҫат—рабочисемпе салтаксен уездри Совечĕн депутачĕсен хаҫачĕ—тухма пуҫлать. Советсем ҫĕнтерессишĕн, Советсене большевизацилесе ҫитерессишĕн пынă кĕрешÿре ку хаҫат пуҫмăрта пурăннă чăваш халăхĕн ĕмĕчĕсене палăртса тăнă. Унта В. И. Ленинăн «Апрельти тезисĕсене», «Хресченсем патне янă уҫă ҫырăвне» пичетлесе кăларнă.

Чĕмпĕрти большевиксем кăларнă «Заря» хаҫат та унти чăваш ĕҫсынисене партийăн питех те пысăк пĕлтерĕшлĕ ĕҫĕсемпе паллаштарса тăнă.

Пролетариллĕ революци пирĕн ĕҫршывăн центрĕнче, промышленноҫлă районсенче ҫĕнтерни выранĕсенче, ҫав шутрах Чăваш ĕҫршывĕнче те, совет влаҫĕ туса хума лайăх майсем панă. Партин ҫак тапхăрти задачисене пурнăҫлас ĕҫе, «Правда» хаҫатпа пĕрле, вырансенче тухса тăнă хаҫатсем те чылай пулăшнă. Хусанти «Знамя революции» тата Чĕмпĕрти «Заря» хаҫатсем Вăхăтлăх правительствăна сирпĕтсе антарнă хыҫҫăнах, ĕҫ хресченĕсен аллине кусасси ҫинчен пĕлтерчĕ. В. И. Ленин Октябрьти Социализмлă Аслă революци декречĕсем ҫинчен халăха пĕлтерес ĕҫе питех те пысăк ĕҫ тесе шутланă. Эпир хамăр политика мĕнле пуласси ҫинчен халăха декретсем урлă пĕлтертĕмĕр, тенĕ вăл.

Хаҫатсем мир тăвасси пирки, ĕҫр пирки, халăх влаҫĕ пирки пĕлтерни ĕҫсынисене ҫĕнтерÿ тума хавхалантарнă. Акă, пĕр тĕслĕх кăна илер. 1918 ҫулхи апрелĕн 18-мĕшĕнче Турханкасси хресченĕсем вулăс Советне суйлама съезда пуҫтарăннă. Кулаксем съезда салатса яма шутланă. Салтаксем «Правда» хаҫатăн страницисене уҫса кăтартсанах, — унта Ленин хресченсем ĕҫре хăйсен аллине илни ҫинчен ҫырнă пулнă,—вĕсем вара каялла чакнă. Ленинăн «Правда» хаҫатра пичетленнĕ сăмахĕсем хресченсен съездне хумхантарса янă, чухăнсемпе салтаксем кулаксене съездран хăваласа янă та вырăнти Совета туса хунă.

Большевикла пичет контрреволюциллĕ пичете хирĕҫ ҫиве тăрса кĕрешнĕ. В. И. Ленин 1917 ҫулхи октябрĕн 27-мĕшĕнче алă пусса кăларнă декретра революциллĕ диктатурăн влаҫĕсене буржуаллă-контрреволюциллĕ хаҫатсемпе журналсен типографийĕсене, ҫурчĕсене, укҫитенкине совет влаҫĕ аллине пама хушнă. Ҫак декрета пурнăҫланă май, кадетсен тата ытти совета хирĕҫле элементсен хаҫачĕсене, вăл шутра Хусанти «Хыпар» хаҫата та, чăвашсен эсерла националисчĕсем кăларса тăнăскерне, хупнă.

Вырăнти Советсене туса ҫирĕплетес ĕҫре уездсенче кăларнă хаҫатсем паллă вырăн йышăннă. Вĕсем хушшинче уйрăмах Улатăрта тухса тăнă «Крестьянин и Рабочий» хаҫата палăртмалла. Ăна большевиксен уездри комитечĕпе рабочисемпе хресченсен депутачĕсен уездри Совечĕ кăларса тăнă. «Хулапа ялсенчи ĕҫсынисем!—чĕнсе ҫырнă вăл хаҫат 1918 ҫулхи февраль пуҫламăшĕнче.—Кулаксемпе эсерсем Советсене хирĕҫ тăраҫҫĕ, чухăнсем, ĕҫсынисем Советсемшĕн тăраҫҫĕ. Мул хуҫисене ан итлĕр, большевиксем таврра пĕтĕҫĕр те Советсем туса ҫирĕплетĕр!».

Совет правительствипе партин Центральнăй Комитечĕ граждан вăрҫи ҫулĕсенче халăх хушшинче хаҫат-журнал сарас ĕҫе питех те пысăк вырăна хунă. Ахальтен мар ĕнтĕ Шупашкар уездĕнче пурăнакансем ҫав ҫулсенче кашни уйăхрах «Известия» хаҫата 220 экземпляр, «Правда» хаҫата—93, «Знамя революции» хаҫата—400, «Бехняк» хаҫата—115, «Беднота» хаҫата—90, «Красная Армия» хаҫата—135, «Гражданская война» хаҫата—175, «Канаш» хаҫата—165, «Зарево коммунизма» хаҫата 950 экземпляр ҫырăнса илнĕ. «Гражданская война» хаҫат, Пиллĕкмĕш ҫар политотделĕн хаҫачĕ, чăваш халăхĕн пурнăҫне анлăн сутатнă. Вăл чăваш ялĕсенче парти ячейкисем тума, ĕҫсынисене фронта пулăшса тăма мобилизацилеме пулăшнă. «Гражданская война» хаҫатăн 1918 ҫулхи сентябрĕн 19-мĕшĕнчи номерĕнче Шупашкар уездĕнчи Покровски вулăсри Туканаш ялĕнчи хресченсем, ҫарти агитатор сăмахне итленĕ хыҫҫăн, «чехословаксемпе белогвардеецсен вăрă-хурахĕсене Атăла путарма йышăнни» ҫинчен ҫырнă.

1918 ҫулхи март уйăхĕнче Хусанта чăвашла хаҫат—«Канаш» кăларма пуҫланă. Анчах унта малтанхи вăхăтра эсерсемпе националистсем хуҫаланса тăнă. Хусанти большевиксем часах, эсерсемпе националистсене ҫапса ҫĕмĕрсе, «Канаша» хăйсен аллине илнĕ, ăна Чăваш ĕҫршывĕнчи большевиксен хаҫачĕ туса хунă. Халĕ вăл «Коммунизм ялавĕ» ятпа тухса тăрать.

Граждан вăрҫи ҫулăмĕнче «Чухăнсен сасси» ятлă хаҫат ҫуралса тухнă. Ăна Пиллĕкмĕш ҫар политотделĕн чăваш уйрăмĕ кăларнă. Чăваш салтакĕсене вĕрентсе ҫитĕнтерес енĕпе, ҫавăн пекех тыла ҫирĕплетес, чухăнсене кулаксемпе кĕрешме ҫĕклес енĕпе ку хаҫат та питех те пархатарлă ĕҫ тунă.

Чылай уездсенчи хаҫатсене чăвашла шрифтсем пулман пирки вырăс чĕлхипе кăларнă. Етĕрнере «Красные всходы» хаҫат тухнă. Вăл уездри хресченсене эсерсемпе, вырăнти националистсемпе, кулаксемпе кĕрешме мобилизациленĕ. Ку хаҫата чăваш салтакĕсем те илсе тăнă. «Кулаксенчен чухăнсем валли тырă турта-турта илнипе,—тесе ҫырнă салтаксем ҫав хаҫат редакцине 1918 ҫулхи сентябрь вĕҫĕнче,—эсир питех те тĕрĕс тăватăр. Кулаксемпе карма-ҫăвар эсерсем—революци тăшманĕсем. Эпир белогвардеецсене ҫĕмĕре-ҫĕмĕре Уфа еннелле, совет влаҫне тата хамăр ирĕклĕхпе телейĕмĕре хÿтĕлесе хăварма каятпăр».

Ҫапла ĕнтĕ, ку тапхăрти пичет фронтпа тыла пĕр тĕллевпе—Совет влаҫĕн тăшманĕсене ҫапса аркатас тĕллевпе ҫыхăнтарса тăма пулăшнă.

**И. ПЕТРОВ,**

**истори наукисен кандидачĕ.**

# Большевикла пичет кунĕ

Хĕрĕх ҫул каялла, 1912 ҫулхи майăн 5-мĕшĕнче, массăллă большевикла «Правда» хаҫатăн пĕрремĕш номерĕ пичетленсе тухнă. Ҫак хаҫата В. И. Ленин кăтартса панă тăрăх, И. В. Сталин пуҫарнипе кăларма тытăннă. «Правда» хаҫат тухма пуҫласанах В. И. Ленин ҫапла ҫырнă: «Кашни кун тухса тăракан рабочи хаҫата тунипе Петербургри рабочисем пысăк, пĕр ÿстермесĕрех калама пулать, историллĕ ĕҫ турĕҫ» (В. И. Ленин. Соч., 18 том, 166 стр.). «Правда» хаҫатăн пĕрремĕш номерĕ тухнă кун—майăн 5-мĕшĕ—большевикла пичетĕн йăлана кĕнĕ уяв кунĕ пулса юлчĕ.

Революциллĕ ĕҫкленÿ вăхăтĕнче тухма пуҫланă «Правда» пирĕн партин хăватлă хĕҫпăшалĕ пулса тăнă. Вăл парти организацийĕсене ҫирĕплетес, большевиксен массăсем хушшинчи влиянине ÿстерес ĕҫре питех те пысăк вырăн йышăннă. «Правда» хаҫат партилĕхшĕн, рабочисен массăллă революциллĕ партине ҫĕнĕрен туса хурассишĕн пынă кĕрешĕвĕн центрĕнче тăнă, рабочисен юхăмне пĕр паллă тĕллев патнелле—революци хатĕрлесси патнелле янă.

«1912 ҫулхи «Правда»,—тесе ҫырнă Сталин юлташ,—вăл большевизмăн 1917 ҫулхи ҫĕнтерĕвĕ валли никĕс хывни» (И. В. Сталин. Соч., 5 том, 128 стр.).

«Правда» хаҫатпа пĕрле революциллĕ пролетариатăн ăрăвĕ ÿссе ҫитĕннĕ, каярахпа ҫав ăру Октябрьти Социализмлă Аслă революцие туса ирттернĕ. «Правда» ҫĕнĕ типлă хаҫат, рабочисем тĕнчери пĕрремĕш хаҫачĕ, рабочи класăн анлă массисемпе пĕр уйрăлми ҫыхăнса тăракан хаҫат, массăсен хаҫачĕ, вĕсен интересĕсене сутатса паракан хаҫат пулса тăнă.

«Эпир рабочисем пирĕн хаҫата ырланипе ҫеҫ чарăнса тăмалла мар, ăна кăларса тăрас ĕҫе вĕсем активлă хутшăнмалла тăвасшăн», тесе ҫырнă «Правда» хăйĕн пĕрремĕш номерĕнче.

Хăйĕн хĕрĕх ҫул хушшинчи мухтавлă историйĕнче «Правда» хаҫат, Ленин — Сталин партийĕн ялавне тĕрĕс тытса пырса, большевиксен тата рабочи класăн вăйĕсене ыванма пĕлмесĕр пĕтĕҫтерсе пынă, пролетариат диктатури ҫĕнтермеллĕ тăвассишĕн, социализм ҫĕнтерĕвĕшĕн кĕрешнĕ. «Правда» хаҫатран пирĕн пĕтĕм пичет ҫÿлĕ идейăллă пулма, большевикла принциплă пулма, коммунизм патне пырас ҫул ҫинчи мĕнпур чăрмавсене хирĕҫ пĕр килĕшсе тăмасăр кĕрешме вĕренет.

Большевикла пичетĕн пĕтĕм историйĕ тата пĕтĕм ĕҫĕ, хăй пуҫланса кайнă малтанхи кунсенчен тытăнсах, Ленин — Сталин партийĕн мухтавлă историйĕпе ĕҫĕсен уйрăлми пĕр пайĕ пулса тăрать. «Правда» хаҫат ертсе пынипе пирĕн пичет Октябрьти Социализмлă Аслă революцие хатĕрлес тата ирттерес, граждан вăрҫи ҫулĕсенче интервентсемпе белогвардеецсене ҫĕмĕрсе тăкас, унтан халăх хуҫалăхне ура ҫине тăратас ĕҫре питех те пысăк вырăн йышăннă. Пичет совет халăхне ĕҫршыва индустриализацилемелли тата ялхуҫалăхне коллективизацилемелли сталинла аслă плана пурнăҫлама, социализмлă общество туса хума мобилизациленĕ. Аслă Отечественнăй вăрҫăн малтанхи кунĕсенчен пуҫласах пичет пирĕн партипе ĕҫршывăн мĕнпур вăйне фашистла захватчиксене хирĕҫ кĕрешес ĕҫе мобилизацилеме пулăшса пынă. Хальхи вăхăтра большевикла пичет экономикăпа культурăна пĕрмаях малалла ҫĕклесе пырассишĕн, Атăлпа Дон, Днепрпа Аму-Дарьи ҫинчи аслă стройкăсене ăнăҫлă туса пĕтерессишĕн, ҫутҫанталăка улăхлатса ҫĕнетмелли сталинла плана пурнăҫа кĕртессишĕн, пирĕн ĕҫршывра коммунизм тăвассишĕн активлă кĕрешет.

Ленинпа Сталин туса хунă большевикла пичет—чăн-чăн халăх пичечĕ. Вăл массăсен коллективлă пропагандисчĕ, агитаторĕ тата организаторĕ, партин коммунизмшăн кĕрешмелли хăватлă хĕҫпăшалĕ пулса тăрать. Пирĕн хаҫатсем миллионшар ĕҫсынисемпе тачă ҫыхăну тытаҫҫĕ, вĕсем тавра пĕтĕҫнĕ авторсен анлă активĕ хаҫат страницисем ҫинче массăсене хумхантаракан, чи кирлĕ ыйтусене сутатса пама пулăшса пырать.

Парти пичете малалла аталантарассишĕн тата ҫирĕплетессишĕн питĕ тимлĕн тăрăшать. Пирĕн ĕҫршывра пичет ҫултан-ҫул малалла ÿссе пырать.

ССР Союзĕнче ҫулленех пичетленсе тухакан кĕнекесен тиражĕ революцичченхи Российăра пичетленсе тухнă кĕнекесен тиражĕнчен вунă хута яхăн иртет. Совет влаҫĕн ҫулĕсенче пирĕн ĕҫршывра кĕнекесемпе брошюрăсем 14 миллиард ытла экземпляр пичетленсе тухнă. Марксизм-ленинизм классикĕсен ĕҫĕсем анлăн сарăлнă. Маркс, Энгельс, Ленин, Сталин произведенийĕсене 889 миллион ытла экземпляр пичетлесе кăларнă. ССР Союзĕнче кĕнекесем 119 чĕлхепе пичетленсе тухаҫҫĕ, ҫав шутран 40 халăх Октябрьти Социализмлă Аслă революци хыҫҫăн ҫеç хăйĕн ҫырулăхне тунă.

1913 ҫулта патша Российĕнче 859 хаҫат тухса тăнă, вĕсен пĕр хут пичетленсе тухакан тиражĕ 2,7 миллион экземпляр пулнă. Халĕ Совет Союзĕнче 8.200 хаҫат, 1.400 ытла журнал тата ытти изданисем тухса тăраҫҫĕ. Хаҫатсем мĕнпур кулăсенче, МТС-сен политотделĕсем ҫумĕнче, пысăк предприятисенче, стройкăсенче, аслă шкулсенче тухаҫҫĕ. Кăҫал мĕнпур хаҫатсен пĕр хут пичетленсе тухакан тиражĕ 40 миллион экземплăра ҫитнĕ.

Юлашки ҫулсенче вырăнти хаҫатсен шучĕпе тиражĕ тата пысăкăшĕ ÿсрĕ, вĕсем час-часрах тухса тăма тытăнчĕҫ. Республикăсенчи, крайсенчи тата облаҫсенчи хаҫатсен пĕр хут пичетленсе тухакан тиражĕ вăрҫăччен хиччен чылай иртнĕ. Кăҫал районсенче тухакан нумай хаҫатсен пысăкăшĕ ÿсрĕ, вĕсем час-часрах тухма пуҫларĕҫ.

Пичет большевикла тĕрĕслĕхĕн чĕрĕ сăмахне массăсем хушшине сарать, Ленин—Сталин партийĕн аслă идейисене, унăн политикине—совет стройĕн пурнăҫри никĕсĕ пулса тăракан политикăна пропагандăлать. Вăл хуҫалăх строительствин питĕ пуян опытне пĕтĕҫтерсе пырать, мĕнпур ҫĕннине, малта пыраканнине ҫийĕнчех тупса палăртать тата анлăн сарать, хăвăрт малалла кайма чăрмантаракан кивĕ, юрăхсăр йăласене, ĕҫри ҫитменлĕхсене пĕтерсе пырать.

Ленин ҫапла вĕрентнĕ: хаҫат работникĕсем ку чухнехи пурнăҫ историне ҫырса пыма тивĕҫлĕ. Вĕсен пурнăҫ ҫинчен ҫырса кăтартнипе кĕрешĕве тÿрремĕнех хутшăнакансене усă кÿмелле, вăйсене сахал пĕтерсех пысăкрах та ҫирĕпрех результатсем тума май паракан средствăсемпе меслетсене суйласа илме пулăшмалла. Капитализмран коммунизма куҫнă тапхăрта прессăн тĕп задачи—массăсене пурнăҫăн мĕнпур облаҫĕсенчен илнĕ тĕслĕхсемпе сăнарсем тăрăх воспитани парасси пулать.

Совет пичечĕ, Ленинпа Сталин кăтартса панисем тăрăх ĕҫлесе, массăсен ҫĕнĕ, коммунизм обществи тăвас ĕҫри паха опычĕсене пропагандăлас тĕлĕшпе пысăк ĕҫсем туса пынă тата ҫак ĕҫе халĕ те туса пырать, совет ҫыннисен ăнлануллăхĕ ÿснине, вĕсен патриотла ĕҫĕн результачĕсене кăтартса парать, вĕсене пирĕн социализмлă Тăван ĕҫршыв вăйхăвачĕпе мухтавне малалла ÿстерессишĕн кĕрешсе ҫĕнĕрен ҫĕнĕ ҫитĕнÿсем туса пыма хавхалантарать. Халĕ, социализмран майĕпен коммунизма куҫнă тапхăрта, ĕҫсынисене коммунизмла воспитани парас задачăсем пĕрремĕш вырăна тухса тăраҫҫĕ. Ҫав задачăсене пурнăҫлас ĕҫре пичет питĕ пысăк та ответлă вырăн йышăнса тăрать. Унăн ҫынсен ăс-тăнĕнчи капитализм юлашкийĕсене пĕтерессишĕн кĕрешмелле, ĕҫсынисене ҫулăмлă патриотизм майлă, халăхсем хушшинчи туслăх майлă воспитани памалла, коммунизм ĕҫне чĕререн парăнса, буржуаллă идеологи кирек-мĕнле майпа палăрнисене хирĕҫ пĕр килĕшсе тăмасăр кĕрешме вĕрентмелле, совет наукине, литературине, искусствине малалла аталантарса пыма пулăшмалла.

Марксизм-ленинизмăн аслă идейисене пĕрмаях пропагандăлани ĕҫсынисене коммунистла воспитани парас ыйтусене ăнăҫлă татса памалли никĕс пулса тăрать. Республикăсенчи, крайсенчи, облаҫсенчи хаҫатсем хăйсен страницисем ҫинче пропагандистла статьясем, консультацисем, чи лайăх лекцисем, вулакансен ыйтăвĕсем ҫине панă ответсем пичетлесе кăлараҫҫĕ.

Анчах та хăшпĕр хаҫатсен страницисем ҫинче тĕплĕн ҫырса хатĕрлемен пропагандистла материалсем те тĕл пулаҫҫĕ. Вырăнти издательствăсем кăларакан литература ҫинчен рецензисем сахал ҫыраҫҫĕ, вуласа тухма сĕнмелли кĕнекесен списокĕсене тата литературăри паха произведенисем ҫинчен ҫырнă статьясене пичетлемеҫҫĕ.

Совет ҫыннисен культурине пĕрмаях ÿстерсе пыма тăрăшасси, ăс-тăн культурин пуянлăхне ÿстерессишĕн, идеологиллĕ ĕҫĕн пур отраслĕсенче те ҫÿлĕ идейăлăхшăн тата большевикла партилĕхшĕн кĕрешесси,—ҫаксем пурте пирĕн хаҫатсен пысăк та пархатарлă ĕҫĕ пулса тăраҫҫĕ.

ССР Союзĕнче—малта пыракан культура ĕҫршывĕнче—наука, культурăпа сутĕҫ учрежденийĕсем, вĕренÿ заведенийĕсем, шкулсем, издательствăсем, радиокомитетсем, театрсем, творчествăллă организацисем питех те нумай. Ҫав учрежденисен ĕҫне анлăн сутатса пырасси, социализмлă идеологие малалла аталантарассишĕн, совет халăхĕн культурăллă шайне пĕрмаях ÿстерсе пырассишĕн кĕрешесси—пичетĕн, пуринчен малтан хаҫат редакцийĕсен хисеплĕ задачи пулса тăрать.

Социализмлă ăмăрту—ĕҫ тухăҫлăхне ÿстерессишĕн, производство планĕсене ăнăҫлă тултарассишĕн кĕрешмелли хăватлă хĕҫпăшал. Сталин юлташ каланă тăрăх, вăл социализм тумалли коммунистла меслет пулса тăрать.

Пичет ĕҫсынисем промышленноҫпа ялхуҫалăхĕнче производство планĕсене срокчен тултарассишĕн социализмлă ăмăртса ĕҫлессине пур майсемпе те сарса пыма пулăшать, ăмăртса ĕҫлекенсен ретне ялти тата хулари ĕҫченсене ҫĕнĕрен миллионшар ҫынна хутшăнтарма парти организацийĕсене активлă пулăшать. «Правда» хаҫатра 1919 ҫулхи майăн 17-мĕшĕнче Мускаври железнодорожниксем малтанхи коммунизмла субботнике туса ирттерни ҫинчен заметка пичетлесе кăларнăранпа виҫĕ ҫул иртрĕ. Ленин хăйĕн «Аслă пуҫару» ятлă чаплă ĕҫне ҫав заметка ҫинчен асăнса пуҫласа янă. Ун хыҫҫăн иртнĕ ҫулсем хушшинче социализмлă ăмăрту миллионшар совет ҫыннисен хăватлă, никам ҫĕнтереймин юхăмĕ пулса тăчĕ. Социализмлă ăмăртăвăн хальхи тĕп задачи—государство планĕсене кашни цех, кашни предприяти мĕнпур номенклатурăпа ассортиментсем тăрăх обязательнă йĕркепе тултарнипе пĕрлех, ĕҫ пахалăхне пĕрмаях лайăхлатса пырасси пулса тăрать.

Пичет ĕҫсынисене ĕҫ тухăҫлăхне ÿстерессишĕн, продукци пахалăхне лайăхлатассишĕн, ҫĕнĕ техникăпа лайăх усă курассишĕн, ҫирĕп перекетлĕхлĕ пулассишĕн, шалти резервсемпе тулли усă курассишĕн кĕрешес ĕҫре пур майсемпе те пулăшса пыма тивĕҫлĕ.

(Юлашки 4-мĕш страницăра).

# Майăн 1-мĕшне урăх çĕршывсенче уявлани

Пĕтĕм тĕнчери çĕршер миллион çынсем Майăн 1-мĕш кунне—пĕтĕм тĕнчери ĕç-çыннисем пĕр шухăшлă пулнине кăтартмалли аслă уява, пĕтĕм çĕршывсенчи рабочисен тăванлăх кунне—савăнăçлă та чаплă палла турĕç. Ĕçре çуркунне хирĕç пĕтĕм тĕнчери ĕç çыннисем çĕнĕ вăрçă хатĕрлекенсене, мире вăрçă пуçаракансем тапăннинчен хÿтĕлеме хăйсен пуçне ирĕклĕ хатĕрлекен асла демонстраци пулса тăнă. Мĕнпур континентсенчи халăхсен миршĕн тăракан юхăмĕ пек хăватлă юхăма истори халиччен пĕлмен. Тĕрлĕ тĕне ĕненекенсем тата политика тĕлĕшĕнчен тĕрлĕрен шухăшлакансем 600 миллион çын ытла, пилĕк аслă держава хушшинче мире сыхламалли килĕшÿ тума чĕнсе халăх çине алă пусса, хăйсем миршĕн тăнине кăтартса пачĕç. «Миршĕн, демократишĕн тата социализмшăн!», «Вăрçă пуçаракансене çĕварлăхдамалла!», «Ирĕк бактерилĕ хĕçпăшалпа усă куракансене, этемлĕхĕн усал çыннисене ответ тыттармалла!» Çак лозунгсем çĕр чăмăрĕн пур кĕтесĕсенче те Майăн 1-мĕшне уявлама тухнă çынсен колоннисем çинче курăнса тăнă. Çак лозунгсене халăх демократи çĕршывĕсенче, ирĕклĕ те телейлĕ, аслă социализм тăвакан çĕршывсенче уявланă. Капитал пус пулса тăракан çĕршывсенче те, полици террорĕ вăйланнă пулин те, реакци иртĕхет пулин те, çĕр çыннисем миршĕн тата пурнăç прависемшĕн кĕрешме вăйлатаççĕ. Вĕсем те уява çак лозунгсемпе тухнă. Колонилле тата пăхăнса тăракан çĕршывсенче, хăйсен наци ирĕклĕхĕшĕн кĕрешекенсем те çав лозунгсемех уявланă.

Майăн 1-мĕш кунĕнче ĕççыннисем Корея, Вьетнам, Малайя халăхĕсемпе, хăйсен ирĕклĕхĕпе никама пăхăнманлăхне алла хĕçпăшал тытса хÿтĕлекен тата агрессорсене пысăк поражени тÿстерекен паттăр халăхсемпе хăйсен пĕр шухăшлă, тăванла пулнине кăтартса панă.

Тĕнчери халăхсен мире сыхласа хăварас ĕçе хăйсен аллине илесçĕ, вĕсем ăна вĕçне çитиченех хÿтĕлĕне хатĕр.

Пĕтĕм çĕр чăмăрĕ çинчи ĕççыннисен совет халăхĕн, коммунизм тăвакан тата пĕтĕм этемлĕх валли çутă пуласлăха çĕнĕ çулсем хывакан халăхăн историлĕ çитĕнĕвĕсене юратса тата мухтанса çăнаса тăраççĕ. Социализмла аслă державамирпе демократи тĕреке—хăватлан ÿссе пынине курса, ĕççыннисем мир вăйĕсем вăрçă вăйĕсене çĕнтерессине çирĕп ĕненсе тăраççĕ.

Майăн 1-мĕшĕнче çĕр çинчи мĕнпур чĕлхесемпе калаçакан çынсем совет халăхне саламланă. Мĕнпур прогрессивлă этемлĕхĕн çулпуçне юратнă Сталина сывлăх суна калан сăмахсем янранă.

Кăçал Майăн 1-мĕшĕнчи демонстрацисем чăннипех пĕтĕм халăх демонстрацийĕсем пулса тăнă. Польша столицинче—Варшавăра, сăмахран, демонстрацисене 400 пин çынна яхăн хутшăннă, Бухарестра—550 пин, Софийăра—300 пин çынна яхăн, Прагăра, Будапештра—тĕмисе çĕр пин çын, Тиранăра 60 пин, Пекинра—500 пин çын ытла, Шанхайра—200 пин, Улан-Баторта—80 пин çын хутшăннă.

Халăх демократи çĕршывĕсенчи ĕççыннисем Майăн 1-мĕшне социализм строительствинче çĕнĕ çитĕнÿсем тунипе кĕтсе илнĕ. Польша республикин президентĕ Болеслав Берут, Майăн 1-мĕшĕ ячĕпе Польша халăхне чĕнсе каласа, çав уявсене палăртнă: «Польша халăхĕ ĕнтĕ саккăрмĕш хут пĕтĕм тĕнчери ĕççыннисен уявне ирĕклĕ, никама пăхăнман, капитализм пусмăрĕнчен хăтăлнă Польша республикинче палла тăвать. Хуласемпе ялсен урамĕсенче Польша халăхĕ Польшăри рабочи класс ертсе пынипе çĕнĕ, телейлĕ пурнăç тунă çĕртĕ, никама пăхăнман вăйлă халăх государствин тăвас ĕçре пĕр шухăшлă пулнине кăтартса панă».

Берут хăйĕн сăмахĕнче çакна палăртнă: Польша халăхĕ хăйне Гитлер пусмăрĕнчен хăтарнăшăн тата халăх хуçалăхне хăварт юсаса аталантарнăшăн Совет Союзне, аслă Сталина тав тума тивĕçлĕ.

Берут çак сăмахсемпе Польша халăхĕн шухăш-кăмăлне каланă мар, мĕнпур халăх демократи çĕршывĕсенчи ĕççыннисен, Совет Çарĕ фашизмла пусмăртан хăтарнă, халĕ анлăн социализм тăвакан çĕршывсенчи ĕççыннисен шухăш-кăмăлне палăртнă.

Пĕтĕм мир, демократи тата социализм лагерĕпе пĕрле, Майăн 1-мĕшне аслă Китай халăхĕ савăнăçлă уявланă. Пекинри Майăн 1-мĕшĕнчи демонстраци уçса, хула мэрĕ Пын Чжэнь столицăри çыннисене саламланă, çĕнĕ Китай тăвас ĕçре, Америка агрессине хирĕç кĕрешес тата Корейăна пулăшас юхăма Китай халăхĕ тунă çитĕнÿсене, мĕнпур çĕршывсенчи халăхсем пĕтĕм тĕнчери миршĕн пыракан кĕрешÿре пайăр хутшăннине палăртнă. Çак лозунгсемпе сĕнĕ пек демонстрацисене Китай ĕçчен Корейăна Китайра бактерилĕ хĕçпăшалпа усă куракан Америка агрессорĕсене хирĕç вăйлатса пыма, миршĕн кĕрешекенсене тачăрах пĕрлешме, халăхсем хушшинче тăванла туслăха çирĕплетме чĕнекен лозунгсем çĕклесе пынă.

«Сывă пултăр СССР тата Китай халăхĕсен аслă та çирĕп туслăхĕ!», «Сывă пултăр Сталин!»—çак лозунгсене Китай халăхĕ хăй Совет Союзне, И. В. Сталин юлташа юратнине, Китай халăхне малалла çитĕнÿсем тума тăванла пулăшу панăшăн совет халăхне хĕрÿллĕн тав тунине палăртнă.

Нимĕç халăхĕ Майăн 1-мĕшне милитариста «пĕтĕмĕшле договора» хирĕç, пĕрлĕхлĕ, никама пăхăнман, демократиллĕ тата мире юратакан Германишĕн кĕрешме чĕнекен лозунгсемпе уявланă. Хĕвелтухăç Берлинра чаплă митинг тухса каласа, Демократиллĕ Германи Республикин президенчĕ Вильгельм Пик çапла каланă: «Нимĕç халăхĕ 1952 çулхи Майăн 1-мĕшне татăклă кунсене паллă тунă. Америкăпа Англин вăрçă хатĕрленекенсем Хĕвеланăç Германие хăйсен Европăри агрессийĕ валли тĕп плацдарм туса хума суйласа илчĕç. Хĕвеланăç Германи çынне таянса, вĕсем Европăри халăхсемпе пус пулса тăрасшăн. Элекпе тата ултавпа хĕçпăшалланнă вăйсен Хĕвеланăç Германири халăх Германипе уйăрса тăмалли тата çĕнĕрен вăрçă хатĕрлемелли хăйсен политикине пăхăнтарма хăтланаççĕ. Çак политикăна пурнăçлас ĕçре Аденауэр милитариста «пĕтĕмĕшле договор» тума тата ăна пысăк вырăн йышăнать».

«Ĕçе тапса паракан сехет çитнĕ май,—малалла Вильгельм Пик,—Германи Социалистсен Пĕрлĕхлĕ Партийĕн Центральнăй Комитечĕ пĕтĕм нимĕç халăхне «пĕтĕмĕшле договор» тунине хирĕç мĕнпур майсемпе кĕрешме чĕнет. Майăн 1-мĕшĕ ячĕпе пухăннă çак митинграк апир каллех нимĕç халăхне, чи малтанах нимĕçсен рабочи класне çапла тума чĕнетпĕр: массăллă забастовкăсемпе демонстрацисем ирттерсе милитариста «пĕтĕмĕшле договор» тума чăрмантармалла, Хĕвеланăç Германи империалистла вăрçă лагерне кĕртнине хирĕç халăх кĕрешĕвне вăйлатмалла, мĕнпур Германипе ирĕклĕ суйлавсем ирттерме килĕшÿ тăвассишĕн, пĕтĕм Германин правительствине туса хурассишĕн кĕрешмелле, Германипе мирлĕ договор тутарассишĕн пĕр пулса кĕрешмелле.

В. Пик тухса каланă хыççăн питĕ пысăк демонстраци пулнă, ун пек демонстраци Берлин курман. Демонстрацире Берлинра пурăнакансем пĕр миллион çынна яхăн хутшăннă. Майăн 1-мĕшĕнче демонстрацисем çавăн пекех Хĕвеланăç Германири нумай хуласенче пулса иртнĕ.

Японире Майăн 1-мĕшне хăйсен тăван çĕршывĕн ирĕклĕхĕпе никама пăхăнманлăхĕшĕн кĕрешме, ăна Америка империалисчĕсен бази тата колонийĕ туса хума хăтланнине хирĕç, пĕтĕмĕшле мирлĕ договоршăн, Хĕвелтухăçĕнчи тата пĕтĕм тĕнчери миршĕн кĕрешме чĕнекен лозунгсемпе паллă тунă. Çĕршывра пурĕ митингсемпе демонстрацисем 500-ре яхăн туса ирттернĕ, вĕсене икĕ миллион çын ытла хутшăннă. Майăн 1-мĕшĕнче Япони столицинче митинга 400 пин çын ытла хутшăннă. Митинг хыççăн пысăк демонстраци пулнă. Япони полицийĕ демонстрантсем çине тапăннă, вĕсене пăшалсемпе пеме тытăннă. Вилнисемпе аманнисем те пур.

Нью-Йоркри ĕççыннисен Майăн 1-мĕшĕнчи демонстрацийĕ темиçе сехете пынă. Демонстрантсем Смит, Макарэн тата Тафт-Хартли законĕсене, фашистла майлă законсене пăрахăçа кăларма, коммунистсен партийĕн лидерĕсене судпа айăпласине чарма тата вĕсене тĕрмерен кăларма ыйтнă. Нью-Йоркра урамсенчи тротуарсем çине тухса тăнă вуншар пин çынсем демонстрантсене ырласа ала çупнă. Пиншер лозунгсемпе плакатсем США-на милитаризацилессине тата фашизацилессине хирĕç рабочи класа пĕр шухăшлă пулса кĕрешме, пилĕк аслă держава хушшинче мире сыхламалли килĕшĕве халех тума, Корейăри вăрçа пĕр тăхтаса тăмасăр чарса лартма чĕннĕ.

Великобританири коммунистсен партийĕн округри комитечĕ организациленĕ Лондонри Майăн 1-мĕшĕнчи митингра рабочисен тата ытти прогрессивлă организацисен йышлă представителĕсем пулнă. Митинг çакăн пек лозунгсемпе иртнĕ: «Майăн 1-мĕшĕ—пĕрлĕхшĕн, мирпе социализмшăн кĕрешмелли кун», «Пилĕк аслă держава хушшинче мире сыхламалли килĕшÿ тăвассишĕн!»

Митингра Великобританири коммунистсен партийĕн генеральнăй секретарĕ Гарри Поллит сăмах тухса каланă. Поллит хăйĕн сăмахĕн вĕçĕнче мĕнпур çĕршывсенчи коммунистсен партийĕсен руководителĕсене саламланă. «Сывă пултăр аслă Сталин! Малалла, мирпе социализм çĕнтерĕвĕшĕн!» тенĕ. Çак сăмахсене ала çупса ырланă.

Парижра Майăн 1-мĕшĕнче пулнă демонстрацине çĕршер пин çын хутшăннă. «Рено», «Ситроен» заводсенчи рабочисем, Франци столицинчи ытти предприятисенчи ĕççыннисем фашизма хирĕç тата деголлевецсен фашистла организацийĕсене хирĕç кĕрешме чĕнекен лозунгсем çĕклесе пынă. «Американецсем, Америкăна тухса кайăр!», «Васкаса хĕçпăшалланассине чармалла!», «Хĕвелтухăç Европăри çĕршывсемпе тата Китайпа суту-илÿ тăвассишĕн!», «Бактерилĕ вăрçа пуçарнă Америка преступникĕсене айăпламалла!»—Франци халăхĕн требованийĕсем çавăн пек. Италири, Австрири, Данири, Норвегири, Бельгири, Финляндири, Швецири тата ытти çĕршывсенчи ĕççыннисем те Майăн 1-мĕшĕнче пулнă митингсемпе демонстрацисене çавăн пек требованисемпех тухнă.

1952 çулта Майăн 1-мĕшне уявлани пĕтĕм тĕнчери халăхсем кирек мĕнле пулсан та вăрçă пуçаракансен çулне пÿлме тата мир ĕçне хÿтĕлесе хăварма хатĕр тăнине кăтартса панă. (ТАСС).

## Корейăри ĕçсем

### ХАЛĂХ ÇАРĔН ГЛАВНАЙ КОМАНДОВАНИЙĔ ПĔЛТЕРНИ

ПХЕНЬЯН, майăн 2-мĕшĕ. (ТАСС). Демократиллĕ Корея Халăх Республикин Халăх çарĕн главнай командованийĕ çакăн çинчен пĕлтернĕ: майăн 1-мĕшĕпе 2-мĕшĕнче Халăх çарĕн соединенийĕсем Китай халăх добровольцĕсен чаçĕсемпе пĕрле тăшмана хирĕç оборонăра тăрса çапăçнă.

Икĕ кун хушшинче тăшманăн 13 самолетне персе ÿкернĕ.

## Индире президент суйлавĕ пуçланнă

ДЕЛИ, майăн 2-мĕшĕ. (ТАСС). Паян Индире президент суйлавĕ пуçланнă. Инди конституцийĕ тăрăх президента суйлав коллегийĕ суйласа хăварать. Суйлав коллегийĕ çĕршывăн центрти парламенчĕн икĕ палатинчен тата штатсен законсем кăларакан пухăвĕсенчен суйланă членсенчен тăрать. Президента суйлама 5 кандидат тăратнă. Кандидата çаксене тăратнă: Раджендра Прасад, К. Т. Шах профессор, Хари Рам, Кришна Кумар Чаттерджи тата Л. Г. Тхат.

Индире власра тăракан парти—Индин наци конгресĕ Раджендра Прасад кандидатурине тăратнă. Индири коммунистсен партийĕ партире тăман кандидата—К. Т. Шаха хÿтĕлет, ун майлă тăрать.

## *Совет артисчĕсен Варшавăри концерчĕ*

ВАРШАВА, майăн 3-мĕшĕ. (ТАСС). Совет артисчĕсем Польшăна пынă. Майăн 1-мĕшĕнче Варшавăра вĕсен пĕррремĕш концерчĕ пулнă. Концерта ССР Союзĕн Ленин орденлĕ академиллĕ Пысăк театрĕн балет солисчĕсем—РСФСР тава тивĕçлĕ артистки М. Плисецкая, З. Звягина, В. Голубин, М. Камалетдинов, УССР тава тивĕçлĕ артисчĕ А. Соболь, тĕнчери çĕршывсен Прагăри, Лейпцигри тата Брюссельти конкурсĕсен лауреачĕ М. Вайман скрипач, Б. Сметана ячĕпе Прагăра ирттернĕ пĕтĕм тĕнчери иккĕмĕш конкурсăн лауреачĕ Г. Аксельрод тата ыттисем те хутшăннă.

Польшăпа Совет Союзĕн туслăх обществи ячĕпе тата концерта пухăннă 4 пин çын ячĕпе артистсене Польша государство театрĕн директорĕ В. Домбровский чĕререн тав тунă. Ăна ответлесе совет артисчĕсен ушкăнĕн руководителĕ, Сталинла премие лауреачĕн ятне икĕ хут илнĕ А. Новиков сăмах каланă.

Совет артисчĕсен концерчĕ ăнăçлă иртнĕ.

## В. Поптомов вилнĕ

СОФИЯ, майăн 2-мĕшĕ. (ТАСС). Кунта Болгарири коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕпе Министрсен Совечĕн пĕлтерĕвĕ пичетленсе тухнă.

Болгарири коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕпе Министрсен Совечĕ кăçалхи майăн 1-мĕшĕнче 2 сехет те 45 минутра, нумай вăхăт хушши чирленĕ хыççăн, коммунистсен партийĕн питĕ паллă деятелĕ, Георгий Димитров юлташăн шанчăклă соратникĕ, коммунизм ĕçĕшĕн кĕрешнĕ çĕрге тĕрĕсленнĕ çын, Болгарири коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕн Политбюро членĕ, Министрсен Совечĕн председателĕн заместителĕ Владимир Поптомов юлташ вилни çинчен хурланса пĕлтереççĕ.



Книготорг магазинĕсем урлă республикăри ĕççыннисем марксизм-ленинизм классикĕсен произведенийĕсене, илемлĕ литература кĕнекисене, энциклопеди тата ытти кĕнекесем те нумай çыранса илеççĕ. Хальхи вăхăтра Шупашкар хулинче 1.500 çын магазин урлă кĕнекесем çыранса илнĕ.

ÿКЕРЧĔК ÇИНЧЕ: арçын ачасен иккĕмĕш вăтам шкулĕнчи учительница А. М. Бабина тата К. Н. Кожевников магазинта кĕнекесем илеççĕ. Сылтăмри—экспедитор Ю. Короткова.

Г. ЗИНЬКОВ фотоÿкерчĕкĕ.

## Хĕрлĕ ялав хавхалантарать

Атăл леш енчи электростанци коллективĕ Май уявĕ ячĕпе илнĕ социализмлă обязательствăна чыслă пурнăçларĕ. Кăçалхи пĕррремĕш кварталта электростанци, пĕлтĕрхи пĕррремĕш кварталтипе танлаштарсан, 18 процент, 1948 çулхипе танлаштарсан, икĕ хута яхăн ытларах электроэнерги туса кăларчĕ.

Рабочисем, инженерсемпе техниксем тата служащисем электроэнергин хăйне ларакан хакне йÿнетессишĕн, топливо ытларах перекетлессишĕн тимлĕ кĕрешеççĕ. Пĕрремĕш кварталта пĕр пин тонна яхăн торф, 160 пин киловатт-сехет электроэнерги перекетленĕ, электроэнергин хăйне ларакан хакне, планпа палăртнинчен, 7,4 процент йÿнетнĕ, планран ирттерсе 120 пин тенкĕ тупăш тунă. Иртнĕ уйăхри плана электростанци икĕ кун маларах тултарчĕ, чылай топливо перекетлерĕ. Уяв умĕнхи ăмăртура уйрăмах Черневпа Тарасов машинистсем, Гришкинпа Еремеев кочегарсем паха тĕслĕхсем кăтартрĕç.

Чăваш АССР Министрĕсен Совечĕпе Чăвашоблпрофсовет президиумĕ коллективăн хастарлă ĕçне пысăка хурса хакларĕç, пĕррремĕш кварталта тунă çитĕнÿсемшĕн куçса çÿрекен Хĕрлĕ ялав памалла турĕç.

Апрелĕн 30-мĕшĕнче уяв ячĕпе рабочисен, инженерсемпе техниксен тата служащисен чаплă пухăвĕ пулса иртрĕ. Çак пухура электростанцие Чăваш АССР Министрĕсен Совечĕпе Чăвашоблпрофсоветăн куçса çÿрекен Хĕрлĕ ялавне пачĕç. Ялав пани коллектива савăнтарчĕ. Вăл малашне тата тухăçлăрах ĕçлеме, ялава хăйĕн аллинче хăварассишĕн социализмлă ăмăртăва çĕнĕ хăватпа вăйлатса пыма сăмах пачĕ.

**П. ЗУБОВ,**
**Атăл леш енчи электростанци директорĕ.**

## Тăватă уйăх планне ирттерсе тултарнă

Шупашкарти лента тĕртекен фабрика коллективĕ Май уявне тăватă уйăхри производство планне ирттерсе тултарнипе кĕтсе илчĕ. Апрель уйăхĕнчи продукци туса кăлармалли плана фабрика пур изделисем енĕпе те апрелĕн 25-мĕшĕ тĕлне тултарчĕ.

Ăмăртура уйрăмах А. Зверева, Т. Шелудякова, К. Салмина, Н. Пирогова, Е. Александрова тата Г. Балаева ткачихăсем паха тĕслĕхсем кăтартса пычĕç. Норма тăрăх виçшер станокпа ĕçлемелле пулсан, вĕсем тăватшар станокпа ĕçлеççĕ, ĕç нормине 110—125 процент тултараççĕ, паха продукци туса кăлараççĕ.

**Н. БАЙКОВ,**
**лента тĕртекен фабрика директорĕ.**

## Çуллахи спорт календарĕ

Чăваш АССР Министрĕсен Совечĕ çумĕнчи физкультурăпа спорт комитечĕ çуллахи спорт ăмăртăвĕсен календарьне пăхса тухса çирĕплетнĕ.

Июнь уйăхĕнче Шупашкарта радиоинформаци комитечĕн парнине илмелли велоэстафета пулать. Шупашкар—Етĕрне—Шупашкар маршрутпа велосипедпа чупакансен ăмăртăвне, июль уйăхĕнче Пĕтĕм Союзри физкультурниксен кунĕ ячĕпе пилĕк маршрутпа велоэстафета, РСФСР-та волейбол вăййипе мала тухассишĕн Атăл тăрăхĕнчи зонăри ăмăртăва ирттереççĕ. Велосипед енĕпе профсоюзсем хушшинче мала тухассишĕн пулакан ăмăртăва, шкул ачисен çăмăл атлетика, гимнастика, шывра ишес енĕпе, шыври вăййисем енĕпе пулакан спартакиадине, волейбол енĕпе «Колхозник» спорт обществин кубокне илессишĕн пулакан ăмăртăва ирттерме йышăннă.

Август уйăхĕнче чушка вăййипе республикăра мала тухассишĕн ăмăрту пулать. Атăл урлă ишсе каçакансен ăмăртăвне ирттереççĕ. Кун пек ăмăртусем Сĕнтĕрвăррипе Куславккара та пулаççĕ.

Сентябрь уйăхĕнче пулакан паллăрах спорт ăмăртăвĕсенчен волейбол тата футбол енĕпе Чăваш АССР кубокне илессишĕн ирттерекен ăмăртусене, «Советская Чувашия» хаçатăн куçса çÿрекен парнине илессишĕн ирттерекен эстафетăллă чупăва палăртмалла.

Çуллахи спорт сезонĕнче республикăри хуласемпе районсенче те чылай ăмăртусем пулаççĕ.

Май уйăхĕн вĕçĕнче Çĕрпÿре ялти çамрăксем мотоспорт енĕпе республикăра мала тухассишĕн ăмăртаççĕ.

Октябрь пуçламăшĕнче Улатăрта республикăра гимнастика тата акробатика енĕпе, Канашра—йывăр атлетика енĕпе мала тухассишĕн ăмăртусем ирттереççĕ.

Чăваш республикинчи спортсменсем ытти хуласенче ирттерекен спорт ăмăртăвĕсене те анлă хутшăнаççĕ.

Июль уйăхĕнче Уфа хулинче пăшалпа тĕл перес енĕпе РСФСР-та мала тухассишĕн ăмăрту пулать. Ăмăртăва Чăваш республикинчи спортсменсем те хутшăнаççĕ. Çав уйăхрах çамрăксен команди тĕл перес енĕпе РСФСР-та мала тухассишĕн Калуга хулинче ăмăртать.

Чушка вăййи енĕпе РСФСР-та мала тухассишĕн Ярославль хулинче пулакан ăмăртура та чăваш спортсменĕсем пулаççĕ.

Чăваш республикинчи спортсменсем çавăн пекех РСФСР-та çăмăл атлетика, шывра ишес енĕпе Симферополь хулинче, гимнастикăпа акробатика енĕпе мала тухассишĕн Сталинск хулинче ирттерекен ăмăртусенче те пулаççĕ.

Пирĕн спортсменсем РСФСР-та шашка, çăмăл атлетика енĕпе ирттерекен заочнăй ăмăртусене, СССР-та хулари велосипедистсем хушшинче мала тухассишĕн ирттерекен заочнăй ăмăртăва тата ытти спорт ăмăртăвĕсене те хутшăнаççĕ.

# Большевикла пичет кунĕ

(Юлашки. Пуçламăшĕ 3-мĕш страницăра).

Хаçатăн тивĕçĕ—социализмлă ялхуçалăхĕнчи работниксене хăйсен тĕп задачине пурнăçлама—мĕнпур ялхуçалăх культурисен тухăçлăхне чылай ÿстерме тата обществăлла выльăх-чĕрлĕх йышĕпе тухăçлăхне ÿстерсе пыма пур майсемпе те пулăшасси пулать. Колхозсене организаципе хуçалăх енчен çирĕплетес, ялхуçалăх артелĕн Уставне тĕрĕс пурнăçласа пырас ыйтусене пичет хăйĕн ĕçĕнче тĕп вырăна хумалла.

Вуншар тата çĕршер пин новаторсен производствăри малта пыракан опычĕ—пирĕн çĕршывăн питех те хаклă пуянлăхĕ. Çав опытăн чăн-чăн трибуне пуласси, чи лайăх предприятисемпе колхозсен, рабочисемпе колхозниксен çитĕнĕвĕсене пĕтĕçтересси тата сарса пырасси пичетĕн чи пысăк задачисенчен пĕри пулса тăрать. Новаторсен опытне сарса пынипе хаçат пропагандист пулса тăрать. Анчах та вăл малта пыракансен опычĕпе практикăра, производствăра анлăн усă курмалла туса çитерсен çеç хăйĕн организаторла функцине пурнăçлать.

Социализмлă ăмăрту сарăлса пынă вăхăтра пулса тухакан çĕнĕ явленисемпе процессене пичет вăхăтра асăрхаса илме тата вĕсене вăйлатса пыма тивĕçлĕ. Анчах та хăшпĕр хаçатсем тĕрлĕ пуçарусене тĕплĕ шухăшласа пăхса хакламаççĕ. Вĕсем чăн-чăн çĕнĕ явленисене парах вăхăтĕнчи пек шăв-шав çĕкленинчен, ăмăртура бюрократла киревсĕр ĕçсем тунинчен уйăрса илеймеççĕ. Ун пек хаçатсем иккĕленÿллĕ çĕнĕ енсене пропагандăласа, массăсен творчествăллă пултарулăхĕпе пуçарулăхне çĕклес вырăнне, хăйсем шутласа кăларнă ĕçсем çинчен çыраççĕ, ĕççыннисене социализмлă ăмăртăвăн тĕп задачинчен—производство планĕсене тултарма тата ирттерсе тултарма пулăшассинчен пăрса яраççĕ.

Сталин юлташ хаçат работникĕсене вĕсем «...социализмлă ăмăртăвăн шалти пружини пулса тăракан, ĕçри аслă çĕкленĕвĕн тарăн процесĕсем çинчен» тĕрĕс каласа пама тивĕçли çинчен пĕр хут çеç мар кăтартса панă.

Социализмлă ăмăртăва тĕрĕс сутатса пырасси унпа пĕрлех çитменлĕхсемпе йăнăшсене большевикла критиклессине анлăн сармаллине пĕлтерет, мĕншĕн тесен социализмлă ăмăрту вăл хăй кая юлнăлăха хирĕç пыракан массăсен ĕçлĕ революциллĕ самокритикине палăртни пулса тăрать.

Пирĕн хаçатсем большевикла критикăпа самокритикăна—совет обществине малалла аталантарма пулăшакан вăя—сарса пырас ĕçре партин сивĕч хĕçпăшалĕ пулса тăраççĕ. Пичет задачи—аялтан çĕкленекен критикăна активлă пулăшасси, предприятисен, колхозсен, организацисен, учрежденисен ĕçĕнчи çитменлĕхсене хăюллăн тупса палăртасси, бюрократсене, халтурщиксене, начар ĕçлекенсене, критикăна хĕсекенсене, государствăна сиен кÿрекенсене пурне те тăрă шыв çине кăларасси пулать.

Критикăна партипе государство интересĕсемпе килĕштерсе сарса пымалла. Вăл витĕмлĕ пултăр тесен, ĕçе лайăх тĕпчесе пĕлмелле, çитменлĕхсен сăлтавне тупса палăртмалла тата вĕсене пĕтермелли майсене кăтартса памалла.

Критикăпа самокритикăна вăрттăн туса пымалла мар, ăна пурте курса тăмалла. Ертсе пыракан хăшпĕр органсем тепĕр чухне хаçат редакцийĕсене критикăллă материалсене пичетлесе кăларичченех хăйсемпе килĕшсе таталма хушаççĕ. Хăшпĕр редакцисенче критикăллă сигналсене юриех тÿрлетсе якатаççĕ. Çÿпçапа пÿртрен тула кăларма хăракансене, çитменлĕхсене критиклессинчен пăрăнакансене парти хытă питлет. Критикăллă асăрхаттарусем, çырусем, сигналсем ĕçе лайăхлатас тесе пĕтĕм общественность интересленнине, массăсен политикăллă активлăхне, вĕсем пирĕн государствăна тĕреклетессишĕн тăрăшнине кăтартса параççĕ.

Хаçат редакцийĕсен çавăнпа пĕрлех хăйсен ĕçне те критикăллă пăхса хакламалла. В. И. Ленин çапла кăтартса панă: «Хăйне-хăй лăплантаракан оптимизмран начарри урăх нимĕн те çук» (В. И. Ленин. Соч., 8 том, 418 стр.).

Пирĕн хаçатсен идейăллă-политикăллă шайне ÿстермелли, вĕсен ĕçне пĕрмаях лайăхлатса пымалли чи паха услови вăл—вулакансен массипе тачă çыхăну тытни, хаçатсем тавра рабочисенчен, колхозниксенчен, интеллигенци представителĕсенчен авторсен анлă активне пĕтĕçтерни пулса тăрать. В. И. Ленин çапла вĕрентнĕ: пичет органĕ «...ертсе пыракан тата ялан çырса тăракан пилĕк литератор пуçне литератор мар работниксем пилĕкçĕр тата пилĕк пин пулсан çеç вăл чĕрĕ тата пурнăçлă пулма пултарать» (В. И. Ленин. Соч., 7 том, 490 стр.). Хаçат нумай мар çынсен статьисемпе заметкисене, хăйĕн штатра тăракан сотрудникĕсен материалĕсене çеç пичетлесен, рабочисемпе колхозниксен çырăвĕсене хакламасть пулсан, вăл массăллă хаçат сăн-питне сухатать. Вăл хăйĕн обязанноçĕсене ăнăçлă пурнăçласа пыма пултараймасть.

Большевикла пичет малта пыракан пĕтĕм этемлĕх умĕнче миршĕн, демократишĕн тата социализмшăн кĕрешекен борец пулса тухса тăрать. Тĕнчери чи ирĕклĕ тата демократиллĕ совет пресси халăх интересĕсене пурнăçласа пырать.

Ултавлă тата сутăнчăк буржуалла пичет, уйрăмах США пичечĕ, ĕççыннисене пусмăрлас тĕллевпе ĕçлет, çĕнĕрен тĕнче вăрçи пуçласа ярассишĕн урса кайсах кампани туса пырать. Капиталистсен аллинче пичет мул пухмалли средство, массăсене улталамалли хĕçпăшал пулса тăрать.

Совет пичечĕ миршĕн кĕрешес ĕçре тĕнчери мĕнпур прогрессивлă пичетĕн малти ретĕнче пырать. Вăл империалистла çĕнĕ вăрçă пуçаракансен агрессиллĕ планĕсене тăрă шыв çине кăларать, ССР Союзĕн мире юратакан политикине анлăн пропагандăлать, совет çыннисене пирĕн Тăван çĕршывăн—пĕтĕм тĕнчери мир тĕрекĕн вăй-хăватне ÿстерессишĕн пĕтĕм вăя хурса ĕçлеме мобилизацилет.

Пирĕн пичетĕн вăйĕ—ăна коммунистсен партийĕ ертсе пынинче. Сталин юлташ çапла кăтартса парать: «Пичет—чи вăйлă хĕçпăшал, вăл пулăшнипе парти рабочи класпа кунсерен, сехетсерен хăйĕн чĕлхипе, хăйне кирлĕ чĕлхепе калаçать». (И. В. Сталин. Соч., 5 том, 204 стр.). Пичете аталантарса тата лайăхлатса пырасси—парти организацийĕсен, хаçат, журнал, издательство работникĕсен тивĕçĕ.

Пирĕн пичет совет халăхне коммунизм тăвас аслă ĕçе пурнăçлассишĕн кĕрешме активлă пулăшса пырать.

**В. ПОДКУРНОВ.**

## *Пĕлтерни*

**Майăн 6-мĕшĕнче, каçхине 7 сехетре, Советсен Çуртĕн пысăк залĕнче большевикла Пичет кунĕ ячĕпе Шупашкар хулинчи парти, профсоюз, комсомол активĕн тата корреспондентсен пухăвĕ пулать.**

**Большевикла Пичет кунĕ çинчен доклад тăваканĕ В. Я. Яковлев юлташ.**

**ВКП(б) ХУЛА КОМИТЕЧĔ, «КОММУНИЗМ ЯЛАВĔ», «СОВЕТСКАЯ ЧУВАШИЯ», «ÇАМРĂК БОЛЬШЕВИК» ХАÇАТСЕН РЕДАКЦИЙĔСЕМ.**

Ответлă редактор В. Я. ЯКОВЛЕВ.



РЕДАКЦИ АДРЕСĔ: г. Чебоксары, ул. Володарского, 5, Дом печати. ТЕЛЕФОНСЕМ: ответлă редактор—0-67, ответлă редактор заместителĕ—3-99, ответлă секретарь—4-26, секретариат—3-54, промышленность пайĕ—5-74, информаци пайĕ—5-74, парти пурнăç пайĕ—4-17, ялхуçалăх пайĕ—3-97, пропаганда пайĕ—8-61, культура пайĕ—8-61, совет строительстви пайĕ—8-61, çырусен пайĕ—7-32, издательство кантурĕ—0-23.

НТ 01323 Типографи № 1 Чувашполиграфиздата. Тираж 20.000 экз.